ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Июль 25 ШĂМАТКУН № 144 (9053)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Ялти парторганизацисен задачисем

Тырпула хăвăрт тата тăккаламасăр пухса кĕртесси халăх хуçалăхĕшĕн питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать. Ку ĕçе пур колхозсенче те анăçлă ирттерни хамăр Тăван çĕршывăн вăй-хăватне ӳстерес, мĕнпур совет çыннисен пурнăçне лайăхлатас тĕлĕшпе малалла пысăк утăм тунине пĕлтерет.

Тырăшăн кĕрешес ĕçре ялти парторганизацисен, кашни коммунистăн пултарулăхĕ тĕрĕсленет. Вĕсен тивĕçĕ—партилле-политикăлла, çавăн пекех организаторла тата массăлла ĕçсене тĕплĕн, çулĕ пусăмра туса пырасси. Хуçалăхри ĕçсене ертсе пырассине те тĕрĕс йĕркелес пулать. Çав условисенче кăна парторганизацисем тырпула пĕр тăккаламасăр пухса кĕртме, государство умĕнчи обязательствăсене пĕтĕмпех срокра пурнăçлама ялти мĕнпур ĕçсыннисене, хуçалăхри мĕнпур резервсене мобилизацилеме пултараççĕ.

Ялти парторганизацисен паянхи задачисенчен чи кирли вăл уй-хир ĕçĕсенче пĕтĕм техникăпа тухăçлă усă курмалла тăвасси пулать. Ку ĕçре пирĕн питĕ пысăк йĕркесĕрлĕхсем пур. Вĕсене эпир курăксене çулса пуçтарас ĕçре аван куртăмăр. Халĕ, акă, тырă вырма тухнă кунсенче те çав йĕркесĕрлĕхсем сисĕнме пуçларĕç: машинăсене ĕçе яма васкамаççĕ. Утă çулнă чухне техникăпа усă курман пирки мĕн пулса тăчĕ-ха? Сăмахран, Куславкка районĕнчи хăшпĕр колхозсен улăхĕсенчи утă, вăхăтра çулман пирки, типсе тата сарăхса кайнă, унăн пахалăхĕ те, тухăçлăхĕ те чакнă; çулса пăрахнине капана хывман пирки те тăкаксем нумай пулаççĕ.

Çак пысăк çитменлĕхрен партин Куславкка райкомĕ те, райсовет исполкомĕпе унăн ялхуçалăхпа хатĕрлев управленийĕ те тивĕçлĕ выводсем туни курăнмасть-ха. Тырă вырма тухрăмăр, анчах районти МТС комбайнсемпе молотилкăсенчен çуррине çеç юсанă. Машинăсемпе ĕçлеме кадрсем туса çитермен. Колхозсенчи машинăсене юсас ĕç те çавнашкалах тăрать. Малалла та çаплах пулсан, Куславкка районĕнчи колхозсен уй-хирĕсенче пăчĕ-пăчĕпе тырă тăкăнса юлма пултарать. Парторганизацисен, ялти коммунистсен задачи—çавăн пек ан пултăр тесе халех тивĕçлĕ ĕçсем тăвасси.

Кăçал республика вĕр-çĕнĕ комбайнсем, автомашинăсем, молотилкăсем тата ытти машинăсем нумай туянчĕ. Халĕ ĕнтĕ пĕтĕм ĕç çакăнта тăрать: комбайнпа, молотилкăпа тата ытти машинăпа сменăри ĕç нормине тăтăшах тултармалла тăвас пулать. Унсăрăн ĕç вăраха кайма, çавна май тăкаксем нумай пулма пултараççĕ. Тăкаксем пуласран сыхланма витнĕ итемсем, лупасайсем, зерносушилкăсем, тырă сăвăрмалли тата виçмелли хатĕрсем, транспорт таврашĕсемпе складсем хатĕр пулни пулăшать. Анчах вĕсене нумай колхозсенче хатĕрлемен.

Пуçламăш парторганизацисен, КПСС Уставĕ панă правăпа туллин усă курса, МТС дирекцийĕсемпе колхоз правленийĕсем уй-хир ĕçĕсене типтерлĕ тăвас тĕлĕшпе мĕнле тăрăшнине тăтăшах тĕрĕслесе тăрас пулать. Çак тĕрĕслевре техникăпа усă курас, тăкаксене хирĕç кĕрешес, итемсем çинчи ĕçсене механизацилес, государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра пурнăçлас, вăрлăх тата ытти фондсене вăхăтра хатĕрлес ыйтусем тĕп вырăнта пулма тивĕç.

Ĕç анăçлă пуласси оперативлă тата конкретлă ертсе пынинчен килет. Тырпул пухса кĕртес ĕç—кĕске вăхăтра тумалли ĕç. Кунта кашни кун кăна мар, кашни сехет шутра пулмалла. Организаторла ĕç тата оперативлă ертсе пыни çитĕнӳсем тума кирлĕ условисем пулса тăраççĕ. Ĕç вăйне мĕнле вырнаçтарса тухнă, тырă вырасси тата авăн çапасси мĕнле пулса пырать, тырра сыхласси, виççе пуçтарасси тата турттарасси, комбайнсем, молотилкăсем тата ытти машинăсем мĕнле ĕçлеççĕ—çак ыйтусене парторганизацисен кашни кун, кашни сехетре асра тытмалла.

Тырă вырма тухнă малтанхи кунсенчех государствăна тырă парас ĕçе организацилесси парторганизацисен тепĕр пысăк задачи пулса тăрать. Хатĕрлев пунктне тырă леççе парас ĕçе кашни колхозăн кашни кун хутшăнмалла, колхоза çирĕплетсе панă задание куллен тултарса пымалла. Парти райкомĕсен тырпул хатĕрлес ĕç мĕнле пынине районти сводка тăрăх мар, уйрăм колхозсен ĕçĕ тăрăх пĕлсе тăрас пулать. Ун чухне тин ĕçе конкретлă, оперативлă ертсе пыма, çитменлĕхсене пĕтерме çийĕнчех тивĕçлĕ мерăсем йышăнма пулать.

Ертсе пырас ĕç витĕмлĕрех тата колхозсене çывăхрах пултăр тесен, коммунистсемпе комсомолецсене ĕçе тĕрĕс вырнаçтарса тухмалла, вĕсен вăйне, çавăн пекех тĕрлĕ организацисемпе учрежденисен ĕçне тырпула хăвăрт пухса кĕртес задачăна пăхăнтармалла. Ку ĕнтĕ парти райкомĕсен пирвайхи тивĕçĕ пулса тăрать.

Анчах хăшпĕр райкомсем хуçалăхри ĕççене тивĕçлĕ организацисемпе учрежденисем урлă мар, тӳрех хăйсем çине илеççĕ, хăйсем туса пыраççĕ. Çапла вара, хуçалăхпа совет органĕсен ответлăхне пĕчĕклетеççĕ, çав вăхăтрах вĕсене парти комитечĕ енчен ертсе пырассине вăйсăрлатса яраççĕ. Пуçламăш парторганизацисем çине таянса ĕçлеме, çитменлĕхсене пĕтерме коммунистсене, комсомолецсене, партире тăман актива мобилизацилеме, колхозниксен анлă массин хастарлăхĕпе политикăлла активлăхне ӳстерме кирлине манăçа хăвараççĕ.

КПСС Улатăр тата Чурачăк райкомĕсем ялти парторганизацисен кĕрешӳри пултарулăхне ӳстерес енĕпе кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. Улатăр районĕнчи чылай пуçламăш парторганизацисенче парти пухăвĕсем те сайра хутра кăна пулаççĕ. Колхоз производствин тĕп ыйтăвĕсене татса парас ĕçе коммунистсене активлă хутшăнтарман пирки, районти парторганизацисем ялхуçалăхĕ умĕнче тăракан задачăсене пурнăçлас ĕçре хăйсен пултарулăхне сахал палăртаççĕ. Чурачăк райкомĕ колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен ĕçне лайăхлатма паха решенисем йышăнать. Анчах çав решенисем çинчен вĕсене йышăннă хыççăнах манать, организациллĕ ĕçпе çирĕплетмест, тепĕр чухне тата çав решенисем çинчен ялти коммунистсем пĕлмесĕрех юлаççĕ.

Парти райкомĕ хăйĕн вăйĕ çине кăна ытларах шанать пулсан, унăн ĕçĕнче çитменлĕхсем те, йăнăшсем те сахал мар пулаççĕ. Райкомсен советсемпе ялхуçалăх органĕсене çирĕплетмелле, унти кадрсен ответлăхне ӳстермелле, пуçарулăхне вăйлатмалла, вĕсен ĕçне куллен тĕрĕслесе тăмалла тата пулăшса пымалла.

Тырпула пухса кĕртнĕ тапхăрта ялти мĕнпур ĕçсыннисем уй-хирте пулаççĕ. Çапла вара массăлла-политикăлла ĕçе те уй-хирте бригадăсенче, комбайнпа молотилка агрегачĕсем патĕнче, итем çинче туса пымалла пулать. Паян пирĕн хаçат Шупашкар МТС-ĕнчи парторганизаци политикăлла-массăлла ĕçе мĕнле организацилесе ертсе пынине кăтартса парать. Политикăлла-массăлла ĕçри опытпа анлă усă курни кирлĕ. Агитаторсем куллен ирттерекен калаçусем, лекцисемпе докладсем, художествăлла пултарулăх коллективĕсем ирттерекен концертсем колхоз хресченĕсене ĕçре хавхалантарса пыма тивĕç. Стена хаçачĕсемпе боевой листоксем тата радио умĕнче тăракан задачăсем те пысăк. Вĕсем малта пыракансен опытне анлăн çутатма, ĕçри çитменлĕхсене тĕплĕн кăтартса пама пултараççĕ, памалла та. Культура учрежденийĕсен ĕçне те уй-хире куçармалла.

Социализмла ăмăртса ĕçлесси колхоз хресченĕсен йăлине кĕчĕ. Анчах пĕр çитменлĕх пысăк чăрмав кӳрет—ăмăртăва ертсе пырас ĕçри формализма çав-çаваx пĕтермен-ха. Обязательство илнипех ăмăрту сарăлса каймасть. Хăш колхоз е бригада мĕнле ĕçленине, мĕнле çитĕнӳсем тунине куллен тĕрĕслес пулать. Тĕрĕслессе те иккĕн-виççĕн мар, массăсене хутшăнтарса тĕрĕслес пулать. Паян кам мĕнле ĕçленине пурте курччăр. Хисеп хăмисемпе кăтарту хăмисем ахаль çакăнса ан тăччăр. Вĕсенче камсене палăртасси çинчен пухусенче е производствăлла канашлусенче пăхса тухни усăллă пулĕ, вăл малта пыракансен опытне сарма пулăшĕ.

Тухăçлă ĕçлеме колхозниксем валли çăмăллăх кӳрес пулать. Апатланас ыйтăвах илер-ха. Ĕçленĕ çĕртех столовăйра апат çитерсен—ĕç вăхăчĕ мĕн чухлĕ перекетленĕ! Е тата колхозницăсем хăйсен ачисене яслисене хăварсан, мĕн тери савăнса ĕçлемĕç! Хастарлăн ĕçленĕ хыççăн канас та, савăнас та килет. Çак ыйтусем çинчен те манма юрамасть. Вĕсене тума пирĕн вăйсем çителĕклĕ.

Тырпула хăвăрт пухса кĕртес тата тырă хатĕрлемелли плана срокра тултарас задачăран хисеплĕрех ялти коммунистсемшĕн халĕ урăх нимĕнле задача та çук. Пĕтĕм хастарлăха, мĕнпур вăй-хăвата, парторганизацисен пĕтĕм ĕçне çак задачăна пăхăнтарас пулать.

# Пĕр тăхтаса тăмасăр комбайнсемпе, жаткăсемпе тырă вырма тытăнмалла

## Ăмăртура мала тухассишĕн

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Кăçалхи çуракине хăвăрт тата пысăк пахалăхпа ирттернĕшĕн «Партизан» колхоза КПСС райкомĕпе район Совечĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне панă. Колхозниксем тырпула лайăх пăхса çитĕнтерме те нумай вăй-хал хунă.

Халĕ колхозăн уй-хирĕсенче хĕрӳ ĕç пуçланчĕ. Ыраш вырма чи малтан В. Алексеев юлташ ертсе пыракан иккĕмĕш уй-хир бригади тытăнчĕ. Бригадăра ĕçе уйрăм сдельщина тăрăх организациленĕ. Ыраша жнейкăпа тата çурласемпе выраççĕ. Колхозниксем тул çути палăрсан ĕçе тухаççĕ те мĕн тĕттĕмчченех, кашни кун нормăна тултарса тата ирттерсе тултарса ĕçлеççĕ, кĕрхи тырăсене 5 кун хушшинче вырса пĕтерме тăрăшаççĕ. Ытти бригадăсенче те тырă вырасси анăçлă пырать.

Колхоз кăçалхи ялхуçалăх ĕçĕсенче кӳршĕри «Гигант» ялхуçалăх артелĕпе ăмăртать. Колхозниксем социализмла ăмăртура мала тухассишĕн кĕрешеççĕ.

**Н. ОРЛОВ.**
(Хамăр корр.).

## Государствăна—тырă

ИШЛЕЙ. «Правда» колхоз, государствăна тырă памалли плана срокчен тултарас тесе, пĕлтĕрхи тырра кăçалхи обязательство шучĕпе пама тытăнчĕ. Артель Шупашкарти хатĕрлев пунктне 100 центнер ыраш тата 25 центнер тулă леççе пачĕ.

«20 лет Чувашии», «XI лет Чувашии» колхозсем государствăна пăрса, хуратул чылай пачĕç.

## Сĕнтĕр районĕнче васкамаççĕ

СĔНТĔР, июлĕн 24-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти хăшпĕр колхозсем тăваттăмĕш кун ыраш выраççĕ. Анчах та Чкалов ячĕпе тăракан колхозра (председателĕ Бочкарев юлташ) халĕ те утă çулаççĕ, ыраш вырмаççĕ. Чылай колхозниксем хăйсем валли утă хатĕрлеççĕ. Ахальтен мар МТС-ран пынă комбайн патĕнче ĕçлеме çынсем тупаймаççĕ.

Каганович ячĕпе, Мичурин ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕсенче те çавăн пекех.

Паянхи куна районти 30 колхозран 10 артельте кăна ыраш выраççĕ. Çапла ĕнтĕ Сĕнтĕр районĕнче çак питĕ кирлĕ ĕçе хăвăртлатассишĕн тăрăшмаççĕ. Çакă вăл райисполком тата унăн ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн руководителĕсене нимĕн чухлĕ те хумхантармасть.

**А. СОЛОВЬЕВ.**



Советски районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз садĕнче хăмла çырли, крыжовник, хурлăхан пур. Кăçал хăмла çырли пысăк тухăçлă пулнă.
ÜКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: колхозра хăмла çырли пухаççĕ. Малта—А. И. Иванова колхозница.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## „Дружба“ колхоз садĕнче

ИШЛЕЙ. «Дружба» колхоз сад пахчинчен çулсерен пысăк тупăш илет. Садран илекен тупăш колхоз хуçалăхне малалла аталантарма пулăшать.

Сад пахчин никĕсне колхозра 1945 çулта хывнă. Ку ĕçе ватă колхозник Соловьев юлташ пуçарнă. Ун чухне 100 тĕп йывăç лартса хăварнă. Вăрçă хыççăнхи çулсенче те сад пахчине йывăçсем нумай лартнă. 1950 çул вĕçленнĕ тĕле сад пахчи лаптăкĕ 7 гектара çитнĕ.

1951 çулта пĕчĕк колхозсене пĕрлештернĕ хыççăн колхозниксем сад пахчине тата та пысăклатма, ăна 30 гектар таран аслăлатма шутларĕç. Соловьев юлташ çакна пурнăçлас тесе чунтан тăрăшса ĕçлерĕ.

Унтанпа вăхăт нумай иртмен-ха. Халĕ «Дружба» колхозăн садне кĕрсен чун савăнать. Малтан усăсăр выртнă 30 гектар çĕр çинче сад пахчинчи çамрăк йывăçсем ешĕрсе çитĕнеççĕ, çĕр çырли, хăмла çырли, хурлăхан тата ытти çимĕçсем ăнса пулаççĕ. Сад пахчинче пурĕ 15 сортлă панулми йывăççисем виçĕ пин тĕп, 9 сортлă чие йывăççисем пилĕк пин тĕп, крыжовник 800 тĕп, хурлăхан 1.520 тĕм, вĕçĕ-хĕррисĕр хăмла çырли тата сада илем кӳрекен ытти тĕрлĕ йывăççем пиншер çитĕнеççĕ. Çĕр çырлипе хăмла çырли кăна 9,83 гектар йышăнать, вĕсем кăçал колхоза пысăк тупăш параççĕ. Ку таранччен 2,5 тонна ытла çĕр çырли пухса кĕнĕ, ăна сутса пысăк тупăш илнĕ.

Çитес кĕркунне кунта пĕр гектар çине тата пысăкрах тухăçлă сорт çĕр çырлине лартса хăвараççĕ. Çырла курăкне Çĕрпӳри питомникрен илсе килеççĕ. Çырла лартмалли участок çине 500 лав тислĕк, 500 лав торф тăкнă, ăна тарăн сухалаççĕ. Çавăн пекех çуркунне 1,7 гектар çине лартса хăварнă çĕр çырлине торфпа çемçетсе хăвараççĕ, çĕнĕрен 500 тĕп крыжовник лартаççĕ.

Парник хуçалăхĕпе теплица тума 75 кубометр йывăç касса хатĕрленĕ, вĕсене çак çулта туса лартаççĕ.

**В. ЧЕРНОВ.**

## Çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтермелле

ЧУРАЧĂК. Районти чылай колхозсем массăллăн тырă выраççĕ. Анчах та, пĕтĕмĕшпе илсен, ĕç кирлĕ пек хăвăртлăхпа пулса пымасть-ха. Ленин ячĕпе тăракан, «Красный путиловец» ялхуçалăх артелĕсем халĕ те ыраш вырма тухман.

Хăшпĕр колхозсенче тырă вырма тухнă хыççăн малтанхи кунсенчех пысăк çитменлĕхсем палăрчĕç. Акă, «Прожектор» колхозри виççĕмĕш бригадăра 20 колхозница кăна тырă вырать. Ĕç планĕ тăрăх, çак ĕçе 48 çын хутшăнмалла. Кунта вара 20 çын тырпул пухса кĕртес ĕçпе çыхăнман çĕрте ĕçлеççĕ, 8 колхозник уй-хире пачах тухмасть. «Труд», Мичурин ячĕпе тăракан колхозсенче кунсерен 15—20-шер вăйпитти çынсем тырă вырма тухмаççĕ.

Тырпула хăвăрт тата тăккаламасăр пухса кĕртес ĕçре колхозсенче ача яслисемпе ача сачĕсем тата площадкăсем организацилени пысăк вырăн йышăнать. Çакна колхоз руководителĕсем питĕ лайăх пĕлсе тăраççĕ. Апла пулин те вĕсем ача амăшĕсене ĕçе хутшăнма лайăхрах услови туса пама тăрăшмаççĕ. Районти 40 колхозран 2 колхозра çеç ача ясли пур. Çавнашкалах, уй-хирте ĕçлекенсем валли столовăй организацилессине те чылай колхозсенче пурнăçламаççĕ.

Чылай колхозсенче тырă вырмалли машинăсемпе усă курмаççĕ. Машина-трактор станцийĕ те комбайнсемпе тырă вырас ĕçе вăраха тăсса пырать. «Ыраш питĕ чĕрĕ, комбайн çапаймасть», теççĕ МТС руководителĕсем.

Районти культура пайĕ, ялти библиотекăсемпе вулав çурчĕсем тырпул пухса кĕртес ĕçрен аякра тăраççĕ. Уй-хирсенче агитаторсем сайра-хутра кăна пулаççĕ. Шуркасси ял Советĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри библиотека заведующийĕ Е. Ильин хăй ирĕкĕпе «отпускра» çӳрет.

**М. ЛАНДЫШ.**

## Колхоз уй-хирĕсенче

КУВАКИНО. (Телефонпа). Районти чылай колхозсем пулса çитнĕ ыраша суйласа вырма тытăнчĕç. «Новь», «Красный партизан» тата Сталин ячĕпе тăракан колхозсенче ыраш вырас ĕçре жнейкăсемпе анлăн усă кураççĕ.

**И. УШЕНИН.**

* * *

ИШЛЕЙ, июлĕн 21-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти «Урожай», «Правда», «Сталинская гвардия», Чапаев ячĕпе тăракан тата ытти колхозсенчи уй-хир бригадисем ыраш выраççĕ.

## ТЫРĂ ЙЫШĂНМА ХАТĔР МАР

УЛАТĂР. Колхозсем кĕрхи тырăсене пухса кĕртме пуçларĕç. Часах вĕсем авăн çапма, государствăна тырă пама тытăнаççĕ.

Анчах та Улатăрти «Заготзерно» пункчĕн руководителĕсем ответлăха туймаççĕ. Кунта тырă йышăнса илме ку таранччен те хатĕрленсе çитмен, складсене юсаса пĕтермен. Çак ĕçе тума строительство материалĕсем те, ĕç вăйĕ те çителĕклĕ. Зерносушилка ĕçе хатĕр, анчах ăна хутса ăшăтма вутă çук.

Хатĕрлев пунктне илемлетес тĕлĕшпе те нимĕн те туман. Унăн территорийĕнче тасамарлăхпа йĕркесĕрлĕх, ăçта пăхнă унта турпас, чул тата тимĕр-тăмăр купisем выртаççĕ.

Улатăрти «Заготзерно» пунктне паянранах тырă йышăнса илме хатĕрлесе çитермелле.

**Н. АННЕНКОВ.**

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

## Монголи çамрăкĕсен делегацийĕ В. И. Ленинпа И. В. Сталин мавзолейĕ умне чечек кăшăлĕ хунă

Монголи çамрăкĕсен делегацийĕ Çамрăксемпе студентсен пĕтĕм тĕнчери фестивальне кайма тухнă. Делегацие Монголи Халăх Республикинчи çамрăксен революциллĕ союзĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Ядамсурун ертсе пырать. Делегаци Мускава çитнĕ. Унта В. И. Ленинпа И. В. Сталин мавзолейĕ умне чечек кăшăлĕ хунă. (ТАСС).

## Дамбăсем тума çĕр купалама тытăннă

ХУСАН. (ТАСС). Казанка шывĕ çине çĕр чавакан снарядсем пынă. Вĕсен Куйбышев гидроузелне тунă май çĕр чавса купалас тĕлĕшпе ĕçлемелле пулать.

Çĕр чавакан 126-мĕш номерлĕ снарядăн гидромеханизаторĕсем паян шывран хӳтĕлемелли дамба тума çĕр чавса купалама тытăнни. Çав дамба, Хусан кремлĕ тавра пулать. Çĕр чавакан снарядсен пульпопровочĕсене хумалли эстакадăсене туса пĕтереççĕ. Çав земснарядсем хулана Ленински районпа пĕрлештерекен дамбăна тума çĕр чавса купалама пуçлаççĕ.

## СССР Тинĕс-Çар Флочĕн кунĕ умĕн

ЛЕНИНГРАД, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Хулари ĕççыннисем çар морякĕсемпе пĕрле СССР Тинĕс-Çар Флочĕн кунне анлă палăртаççĕ. Çар чăçĕсенче, Балтика тинĕсĕ çинчи карапсем çинче, тинĕс-çар шкулĕсенче, предприятисемпе учрежденисенче пĕтĕм халăх уявĕ çинчен калаçусем, лекцисем, докладсем ирттереççĕ. Паян С. М. Киров ячĕпе тăракан «Электросила» заводăн цехĕсенче çар морякĕсем Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче паттăр çапăçни çинчен докладсем пулнă.

ДОСААФ-ăн хулари организацийĕ уява лайăх хатĕрленсе кĕтсе илет. Обществăн пуçламăш организацийĕсем рулевойсем, моторситсем, сигнальщиксем пулма вĕренекенсене кружоксенчен вĕрентсе кăларнă. Районсенчи комитетсем çак кунсенче Тинĕс-Çар ĕçĕ енĕпе ăмăртусем, шлюпкăсемпе çӳремелли походсем ирттереççĕ.

## Чугун çул работникĕсем валли çĕнĕ çуртсем лартаççĕ

Транспортра ĕçлекенсем валли пурăнмалли çуртсем лартма укçа-тенкĕ нумай параççĕ. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра чугун çул работникĕсем валли лартнă пурăнмалли çуртсен пĕтĕм лаптăкĕ тăватă миллион тăваткал метр ытла пулать.

Чугун çулсем çинче ĕçлекенсем валли кăçал пурăнмалли çуртсем пĕлтĕрхинчен пĕр хут çурă нумайрах лартаççĕ. Кунсăр пуçне, железнодорожниксем харпăр хăй тĕллĕн çичĕ пин ытла çурт лартма тытăннă.

Мускаври чугун çул транспорчĕн работникĕсем валли нумай хутлă 19 çурт лартаççĕ, вĕсенчен 11 çуртне кăçал туса пĕтереççĕ.

Донбасри, Уралти, Çĕпĕрти, Атăл тăрăхĕнчи, Вăтам Азири тата çĕршывăн ытти районĕсенчи чугун çулсем çинче ĕçлекенсене пурăнмалли çĕнĕ çуртсем лартса параççĕ. (ТАСС).

## В. Г. Короленко çуралнăранпа 100 çул тултарнă тĕле

ТАЛЛИН, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Вырăссен чаплă писатель-демократĕ тата обществăлла деятель В. Г. Короленко çуралнăранпа 100 çул тултарнине Эстонири ĕççыннисем анлă палăртаççĕ.

Паян Эстони ССР-ĕн государство библиотекинче В. Г. Короленко пурнăçĕпе тата ĕçĕсемпе паллаштаракан выставка уçăлнă. Унта В. Г. Короленко çырнă, вырăсла тата эстонла чĕлхепе кăларнă произведенисем, унăн пурнăçĕпе творчестви çинчен çырнă кĕнекесем пур. Республикăри ытти библиотекăсенче те В. Г. Короленко пурнăçĕпе тата творчествипе паллаштаракан выставкăсем тунă.

Эстони ССР-ĕнчи политикăлла тата наукăлла пĕлӳсем сарас тĕлĕшпе ĕçлекен общество республикăри предприятисемпе учрежденисенче писателĕн пурнăçĕпе творчестви çинчен лекцисем ирттерет.

## СОВЕТ СОЮЗĔПЕ КИТАЙ ÇАМРĂКĔСЕН ВЕЧĔРĔ

Июлĕн 21-мĕшĕнче Союзсен Çуртĕн Колоннăллă залĕнче Совет Союзĕпе Китай çамрăкĕсен туслăхĕн вечерĕ пулнă. Унта Мускаври предприятисенчи çамрăк рабочисем, шкулсенче вĕренекен çамрăксем, комсомол активĕ — пĕтĕмпе 2 пин çын ытла пухăннă.

Китайран çамрăксемпе студентсен Пĕтĕм тĕнчери тăваттăмĕш фестивальне каякан делегацинчи искусство работникĕсен ушкăнĕ пысăк концерт панă.

Хор «Мускав-Пекин» юрра питĕ чаплă юрланă. Çак юрă ССР Союзĕнчипе Китайри халăхсен никам аркатаймин тата ĕмĕрлĕх туслăхне мухтать. Вечера пухăннисем «Да Ду юханшывĕ çинче геройсем çĕнтерни», «Производствăра» ятлă тата ытти юрăсене те ăшă кăмăлпа итленĕ. Ли Джи-шу юрланă хыççăн итлекенсем нумайччен алă çупнă. Вăл «Эй, ухнем!» ятлă халăх юррине вырăсла юрланă.

Концерта ташлакансен ушкăнĕ хутшăннă. «Барабансен сассипе ташламалли ташша», «Чей пухакансен ташшине» уйрăмах питĕ ăста ташланă. Çавăн пекех «Катюшкин осел» тата «Арăслансемпе ташлани» ятлă кулăшла сценкăсене лайăх ташланă. Юлашкинчен çав ушкăн классикла оперăран «Яньдан тăвĕсем хушшинче» ятлă ташша ташласа кăтартнă.

Концерт пурте питех те кăмăллă тата туслă пулнине иртнĕ. Курма пынисем Китай çамрăкĕсен тухса юрланине тата ташланине кашнинчех кăмăллăн кĕтсе илнĕ. Мускав çыннисем Китайри туссене пысăк чечек çыххисем панă.

Вечерта Китай Халăх Республикин ССР Союзĕнчи вăхăтлăх повереннăйĕ Гă Бао-цюань пулнă. (ТАСС).

## В. М. Молотов Икуо Ояма профессора йышăннă

Июлĕн 22-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов Японири обществăлла деятеле, «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» паракан тĕнчери Сталинла премии лауреатне Икуо Ояма профессора йышăннă.

# Ялхуçалăх механизаторĕсен ĕçри хастарлăхне куллен вăйлатса пырар!

## ШУПАШКАР МТС-ĕнчи ПОЛИТИКĂЛЛА-МАССĂЛЛА ĔÇ ÇИНЧЕН



7-мĕш трактор бригади Сталин ячĕпе тăракан колхозра ĕçлет. Механизаторсем тырпула кĕске срокра тата пĕр тăккаламасăр пухса кĕртме обязательство илнĕ. Вĕсем хĕрÿ ĕçе тăрăшса хатĕрленнĕ. Комбайн вырăнта. Кĕçех вырма тытăнмалла.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ (сулахайран сылтăмалла): трактористка К. Терентьева, весовщица Р. Захарова, комбайнер помощникĕ А. Григорьева, комбайнер П. Иванов юлташсем В. Сайков агитатор (сылтăмри) хаçат вуласа панине итлеççĕ.

А. КОСТИН фотоÿкерчĕкĕ.

***

«Машина-трактор станцийĕсен ĕçне лайăхлатмалла, колхоз производствин мĕнпур отраслĕсенчи вăй нумай ыйтакан ĕçсене механизацилес ĕçе вăйлатса пымалла тата ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕпе вылăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕн планĕсене тултарас ĕçре МТС-сен ответлăхне ÿстермелле», — тесе кăтартса панă Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче.

Çак задачăна ăнăçлă пурнăçлас ĕçре ялхуçалăх механизаторĕсен социализмла ăмăртăвне вăйлатса пыни пысăк вырăн йышăнса тăрать. Паян эпир çак страницăра Шупашкар МТС-ĕнче политикăлла-массăлла ĕçе мĕнле йĕркелени çинчен материалсем пичетлетпĕр.

***

## Агитаторăн ĕç вырăнĕ—бригадăра

Эпĕ 1948 çултанпа трактор бригадинче агитатор пулса ĕçлетĕп. Агитатор пулассн, ĕççыннисене партипе правительствăн решенийĕсемпе тата кулленхи кăтартăвĕсемпе паллаштарса пырасси, социализмла ăмăртăва вăйлатма пулăшасси—хисеплĕ те чыслă ĕç.

Пирĕн бригадăра çамрăк механизаторсем нумай. Вĕсене политикăлла тĕрĕс воспитани парса, производствăри активлăхне ÿстермелле, государство шанса панă хаклă машинăсемпе туллин усă курма вĕрентмелле. Эпир çапла тăватпăр та. Политикăлла воспитани панипе пĕрлех эпĕ çамрăк механизаторсемпе производство темисем тăрăх час-часах каласусем ирттеретĕп, малта пыракан техникăпа, лайăх опытпа паллаштарса тăратăп.

Каласусенче агитатор хăй пĕр-пĕччен кăна каласни пачах та çителĕксĕр. Эпĕ каласăва ытти механизаторсене активлăн хутшăнтарма тăрăшатăп. Халĕ ĕнтĕ бригадăри малта пыракан трактористсемпе мĕнпур механизаторсем калаçăва активлă хутшăнаççĕ.

Кашни эрнере пĕрре боевой листок кăларатпăр. Унта эпир малта пыракан механизаторсен ĕçне çутататпăр, кая юлакансене малта пыракан механизаторсенчен юлмалла марри çинчен асăрхаттарсах тăратпăр, лайăхрах ĕçлеме канаш паратпăр.

Кашни вунă кунта пĕрре бригада коллективне пухса канашлу ирттеретпĕр. Канашлусенче иртнĕ вунăкунлăхри ĕçсен итогĕсене тăватпăр, малашнехи задачăсене тĕплĕн палăртатпăр. Çакăн пек канашлусенче колхозсенчи уй-хир бригадисен бригадирĕсем те пулаççĕ.

Хамăрăн бригадăра библиотека организацилерĕмĕр. Библиотекăра тĕрлĕрен литература пур, хаçат-журнал та сахал мар. Çамрăк тракторист-комсомолец Г. Корнилов юлташ библиотека ĕçне аван йĕркелерĕ. Вăл механизаторсем вуласа тухнă кĕнекесене района кайса вăхăтра улăштарса килет. Пирĕн бригадăна районти библиотека заведующийĕ Артемьева юлташ час-часах пырать. Вăл механизаторсене докладсем туса парать, каласусем ирттерет.

Бригадăра кăтарту хăми организациленĕ. Унта кашни 5 кун хушшинче мĕн чухлĕ ĕçлени, çунтармалли япаласем перекетлени, кам мĕн чухлĕ ĕçкунĕ туни çинчен çырса пыратпăр.

Механизаторсем хушшинче эрнере икĕ сехет трактор е тата ытти ялхуçалăх машинисем çинчен занятисем ирттеретĕп. Занятисем ирттерме пире МТС-ăн главнăй механикĕ М. Анисов тата механик-контролер Я. Алексеев юлташсем те пулăшаççĕ.

Политикăлла-массăлла ĕçе йĕркелени бригадăна производствăра пысăк çитĕнÿсем тума пулăшать. Акă, çамрăк трактористсем А. Капитоновпа Г. Корнилов юлташсем малтанхи вăхăтра сменăри нормăсене тултарса пыраймастчĕç. Халĕ вĕсем кулленхи нормăна ирттерсе тултарса пыраççĕ, тракторпа тумалли çулталăкри ĕçсен планне 70 процент ытла тултарчĕç, МТС-ра малти вырăна тухрĕç. Çавăн пекех тата ДТ-54 тракторпа ĕçлекен Е. Майковпа В. Ефимов, СХТЗ тракторпа ĕçлекен икĕ пĕр тăван Павловсем аван ĕçлеççĕ.

Л. СЕРГЕЕВ,
13-мĕш трактор бригадин бригадирĕ.



МТС-ри пуçламăш парторганизацийĕпе профсоюз организацийĕн вырăнти комитечĕ «Механизатор» ятлă стена хаçачĕ кăларса тăраççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: хаçат редколлегийĕ ĕçре. Сулахайран сылтăмалла—хаçат редакторĕн заместителĕ, 13-мĕш трактор бригадин бригадирĕ Л. Сергеев, редколлеги секретарĕ Н. Иванов, редколлеги членĕ Р. Иванова юлташсем.

А. КОСТИН фотоÿкерчĕкĕ.

## Агитатор пулăшать

Ялхуçалăхне малалла хăватлăн аталантарса пырас тата колхозсене çирĕплетес ĕçре машина-трактор станцийĕсем мĕн тери пысăк вырăн йышăнса тăни халĕ пуриншĕн те паллă. Ăна колхоз хресченĕсем кулленхи пурнăçра лайăх туйса тăраççĕ. Эпир, трактористсем, вăйлă тырпул туса илес тесе, колхозсен анлă уй-хирĕсенче кунне-çĕрне пĕлмесĕр ĕçлетпĕр. Эпир кăçал çуракипе çĕртме тумалли плана срокчен тултартăмăр, пур ĕçсене те пысăк пахалăхпа турăмăр. Пирĕн бригада МТС-ра малти вырăна тухрĕ.

Пире мала тухма агитатор нумай пулăшрĕ. Агитатор Анисим Верхилеев трактористсене партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне лартнă тĕп задача çинчен, республикăри ялхуçалăх ĕçченĕсем илнĕ обязательствăсем çинчен тĕплĕн каласа парать. Агитатор механизаторсене ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума, коммунизм строительствин задачисене пурнăçлас ĕçе хăйсен вăйне хума чĕнет.

Бригада хăй çине конкретлă обязательствăсем илчĕ. Эпир ДТ-54 тракторпа 1.800 гектар сухалама, 1.500 килограмм горючи перекетлеме, ĕçе пысăк пахалăхпа тума, трактор ĕçĕсен хăйне ларакан хакне кашни гектар пуçне пĕрер тенкĕ те вăтăршар пус йÿнетме тата пĕр тракторист вĕрентсе хатĕрлеме пултăмăр. Çак обязательствăсене пурнăçлама пире агитатор пысăк пулăшу парать.

Агитатор пире партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе, СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕ йышăннă законсемпе тĕплĕн паллаштарчĕ, вĕсенчен механизаторсем умне тухса тăнă задачăсем çинчен каласа пачĕ.

Хăйсен пысăк задачисене ăнланса илсе, механизаторсем тăрăшса ĕçлесе пычĕç. Çуракипе çĕртме сухинче пирĕн тракторсем нихçан та ахаль ларман. Сăмахран, эпĕ те, манăн сменщик та сменăри нормăна 150—160-шар процент тултарса пытăмăр. Ĕç пахалăхне яланах питĕ лайăх е лайăх тесе йышăннă.

Агитатор пулăшнипе эпир хамăр мĕнле ĕçленине яланах вăхăтра пĕлсе тăратпăр. Вăл бригадăри трактористсем мĕнле ĕçленине стена хаçатĕнче е кăтарту хăминче çутатса пырать. Каннă вăхăтра агитатор пире çĕнĕ хаçат-журналсем е илемлĕ литература кĕнекисем вуласа парать.

Эпир тракторпа тумалли ĕçсен çулталăкри планне 77,5 процент тултартăмăр. Хамăрăн ытти обязательствăсене те эпир пурнăçлатпăрах. Пире агитатор çак кĕрешÿре пысăк пулăшу парать.

Н. АФАНАСЬЕВ,
3-мĕш трактор бригадинчи тракторист.

## Пирĕн стена хаçачĕ

Пирĕн стена хаçачĕн çĕнĕ номерĕ умĕнче час-часах çынсем йышлăн пухăнса тăнинĕ курма пулать. Пуринпе те интересленеççĕ вĕсем: хăш бригада паян малта пырать, механизаторсенчен хăшĕ пысăкрах çитĕнÿ тунă, кама çивĕч сăмах тивнĕ?.. Сахал-и машина-трактор станцийĕнче ĕçсем? Çак пур ыйтусем çине те механизаторсем стена хаçатĕнче хăйсене тивĕçтерекен ответсем тупма пултараççĕ.

Тÿрех калас пулать, машина-трактор станцийĕсем ялхуçалăхĕнче тĕп вырăн йышăнса тăраççĕ. Халĕ колхозсенчи нумай ĕçсене машинăсемпе тăваççĕ. Кунтан механизатор умĕнче мĕн тери пысăк задача тăни те лайăхах курăнать ĕнтĕ. Çав задачăна ăнăçлă пурнăçлама механизаторсене мобилизацилес ĕçре пирĕн МТС дирекцийĕпе пуçламăш парторганизаци «Механизатор» ятлă стена хаçачĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Стена хаçачĕ механизаторсене воспитани парас тĕлĕшпе паха ĕçсем нумай туса ирттерет. Редколлеги МТС пурнăçне туллин çутатма тăрăшать. Стена хаçатĕнчен бригадăсем мĕнле ăмăртса ĕçленине, малта пыракансен паха опытне, ĕçре кампа танлашма кирлине тата кам юлхавланса ĕçленине те пĕлме пулать. Ахальтен мар ĕнтĕ механизаторсем стена хаçачĕ çинчен: «вăл—машина-трактор станцийĕн тĕкĕрĕ», теççĕ.

Стена хаçачĕ механизаторсем хушшинчи социализмла ăмăртăва лайăхрах çутатма тăрăшать. Эпир социализмла ăмăрту договорĕсене бригадăсем мĕнле пурнăçлани çинчен номертен номере статьясем кăларатпăр. Кунта эпир хăш трактор мĕн чухлĕ сухаласа акни çинчен мар, ытларах трактористăн ĕçри опычĕ çинчен, вăл мĕнле майпа çитĕнÿ тума пултарни çинчен çутатма тăрăшатпăр.

Çураки вăхăтĕнче, сăмахран, В. Иванов, В. Сергеев, В. Егоров т. ыт. юлташсен статьисене çырса кăларнă. Вĕсем хăйсен опычĕ çинчен çырнă.

Пирĕн хамăр ĕçпе час-часах колхозсенче пулма тивет. Вĕсенче те стена хаçачĕсем тухса тăраççĕ. Анчах вĕсем нумайăшĕ ыйтăва çиелтен çутатнăн туйăнать. Ку енчен илсен вара, пирĕн стена хаçачĕ ун пек мар. Партипе правительство решенийĕсене вырăнти фактсемпе тачă çыхăнтарса ăнлантарса пама тăрăшатпăр. Эпир партипе правительство решенийĕсем çинчен çыратпăр пулсан, çав решенисенчен пирĕн механизаторсем умне мĕнле задачăсем тухса тăнине те тĕплĕн кăтартса паратпăр.

Стена хаçатне механизаторсем хăйсем активлăн çырса тăраççĕ. Кашни номере 10—11 çын статьине кĕртетпĕр. Вĕсем стена хаçачĕн редколлегине нумай ыйтусем тăрăх çыраççĕ: хăйсен ĕç опычĕ çинчен, политикăлла-массăлла ĕç çинчен каласа пăраççĕ.

Ĕçре çитменлĕхсем те пулаççĕ. Вĕсене вăхăтра асăрхаса илни, çитменлĕхсемшĕн айăплине хаюллă критика хĕмĕпе çунтарни кирлĕ. Эпир çапла тăватпăр та. Япăх ĕçлекенсене, ĕçе юрăхсăр тăвакансене карикатурăсем туса питлетпĕр. Паллах, никамăн та юлташĕсем умĕнче намăсланас килмест. Çакă вара механизаторсене тăрăшса ĕçлеме хистет.

Стена хаçачĕ йĕркеллĕ тухса тăрасси редколлегирен, вăл хăйĕн ĕçне тĕрĕс йĕркелеме пултарнинчен килет. Пирĕн стена хаçачĕн редколлегийĕнче малта пыракан, авторитетлă механизаторсем ĕçлеççĕ.

Кăçал эпир стена хаçатне кашни уйăхра икшер номер кăларатпăр. Çапла туни МТС-ри ĕçсене оперативлă çутатма май пачĕ.

Тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтра мĕнле ыйтусене ытларах çутатмаллине палăртса, эпир план туса хатĕрлерĕмĕр. Ăнса пулнă тырпула вăхăтра, тăккаламасăр пухса кĕртме механизаторсене мобилизацилес ĕçе эпир хамăрăн чи кирлĕ задача тесе шутлатпăр.

Н. ИВАНОВ,
«Механизатор» стена хаçат редколлегийĕн членĕ.

## Ĕçе вăйлатмалли май

Механизаторсен ăмăртăвне вăйлатас ĕçре, ытти тĕрлĕ майсемпе пĕрлех, боевой листоксем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Вĕсене вуласа механизаторсем МТС-ри, бригадăри хыпарсене çийĕнчех пĕлеççĕ.

Кăçал бригадăра 27 номер боевой листок кăларнă. Вĕсенчен чылайăшне бригадăри работниксемпе пĕрле пухăнса вуланă, пысăкрах ыйтусене пĕрле сÿтсе явнă.

Унăн редакторĕ пулса хастарлă тракторист-комсомолец Н. Исаков юлташ ĕçлет. Н. Исаков юлташ—МТС-ри комсомол комитечĕн членĕ. Вăл ытти общественлăллă ĕçсене те активлăн хутшăнать. Ăна механизаторсем хисеплеççĕ, вăл кăларакан боевой листоксемпе интересленеççĕ. Çавна май корреспондентсен йышĕ ÿссе пырать. Халĕ бригадăри боевой листоксем çине 15 çын ытла çырса тăрать.

Пирĕн бригада производство ĕçĕсенче куллен-кун ÿсĕмсем тăвать. Сăмахран, бригада коллективĕ çураки планне 169 процент тултарса, МТС-ра пĕррĕмĕш вырăна тухрĕ. Тырпул тухăçлăхне ÿстерес енĕпе ытти çитĕнÿсем те тунă.

В. ИВАНОВ,
2-мĕш трактор бригадин бригадирĕ.

## Ăмăрту организаторĕ

Бригадăри механизаторсем пĕр вырăнта ĕçлемеççĕ. Хĕрÿ ĕç вăхăтĕнче пĕрисем пĕр участокра, теприсем тепĕр çĕрте е урăх колхоз уй-хирĕсенче ĕçлеççĕ.

Çакна пирĕн бригадăри агитатор Михайлов юлташ хăйĕн ĕçĕнче яланах асра тытать. Агитатор пирĕн умма куçса çÿрекен будкăсем тăвасси тата механизаторсем валли хаçат-журнал çыранса илесси çинчен ыйту тăратрĕ. Эпир администрацийĕпе пĕрле унăн ыйтăвне тивĕçтертĕмĕр.

Çапла туни пире бригадăри механизаторсене воспитани парас ĕçре чылай пулăшу пачĕ. Агитатор будкăна канма пыракан механизаторсемпе политикăлла тата производствăлла темăсем тăрăх тăтăшах каласусем ирттерет, социализмла ăмăрту итогĕсемпе паллаштарать. Кунта пĕрле пухăнса хаçат-журнал вулас ĕçе те йĕркеленĕ.

Агитатор будкăра кăна мар, механизаторсем ĕçленĕ çĕрте те час-часах пулать. Çапла вара бригадăри кашни çын çĕнĕ хыпарсене, кулленхи задачăсене лайăх пĕлсе тăрать.

Бригадăра производствăлла канашлусем тăтăшах пулаççĕ. Михайлов юлташ ун пек канашлусенче яланах пулать, ăмăрту итогĕсемпе паллаштарать, бригадăри тата МТС-ри куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялава илессишĕн хастарлăрах ĕçлеме чĕнет.

Механизаторсен хастарлăхĕ пысăк. Эпир тырпула пĕр тăккаламасăр, кĕске срокра пухса кĕртессишĕн пыракан ăмăртура пысăкрах ÿсĕмсем тăвасса шанатпăр.

В. ФАДЕЕВ,
4-мĕш трактор бригадинчи тракторист.

# Механизаторсен активлăхне малалла ÿстерессишĕн

Социализмла ялхуçалăхĕ малта пыракан техникăпа пуянланать. Çакна эпир кулленех хамăр куçпа курса тăратпăр. Пирĕн машина-трактор станцийĕнче кăна хăватлă машинăсем çĕршерĕн шутланаççĕ. Çав хăватпа тырпул тухăçлăхне ÿстерес, çĕрĕç культурине лайăхлатас, обществăлла вылăх-чĕрлĕхпе унăн тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе çав тери пысăк ĕçсем тума пулать.

Анчах та çак мĕнпур механизмсемпе, малта пыракан техникăпа эпир тухăçлăн усă куратпăр тесе калама пултараймастпăр. Пĕлтĕрхи çулччен пирĕн МТС нумай енĕпе кая юлса пычĕ, государство планне тултараймарĕ. Пирĕн район та хуçалăх ĕçĕсемпе каярах юлса пыратчĕ. МТС çителĕксĕр ĕçленĕ.

МТС коллективĕ начар мар. Пĕтĕмĕшпе илсен, механизаторсене хурлама çук. Пирĕн хушăра лайăх ĕçлекен механизаторсем нумай пулнă. Анчах та мĕнре-ха пулнă пирĕн çитменлĕхсен сăлтавĕ? Кĕскен каласан—сăлтав ĕçе кирлĕ пек йĕркелесе çитерейменнинче, шалти мĕнпур майсемпе усă курманнинче пулнă. Дирекципе пуçламăш парторганизаци механизаторсен ĕç тухăçлăхне ÿстермелли майсемпе çителĕксĕр усă курнă, ĕç çине критикăсăр пăхнă.

Çак йăнăшсене тĕплĕн тишкерсе тухни, коммунистла хак парса туйса илни пире юлашки вăхăтра тăтăклă улшăнусем тума май пачĕ. Пирĕн коллектив иртнĕ çулта пĕррĕмĕш ÿсĕм тума пултарчĕ. МТС тракторсемпе тумалли 1952 çулхи задание 123 процент пурнăçларĕ. Механизаторсем кăçалхи çуракине те лайăх хатĕрленсе кĕтсе илчĕç, ака-суха ĕçĕсенче, калчасене лайăх пăхса ÿстерме пулăшас ĕçре вĕсем хăйсен хастарлăхне аван палăртрĕç. МТС çураки планне 130 процент тултарчĕ. Вăл шутра ретлĕн акмалли плана 100 процент, хĕреслĕ майпа акмалли задание 112 процент, çĕртме сухи планне июнĕн 10-мĕшĕ тĕлне 106 процент тултарнă.

МТС работникĕсем колхозсене вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре те чылай пулăшаççĕ. Кунсăр пуçне, халĕ пирĕн механизаторсем кăçалхи вăйлă тырпула пухса кĕртес тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлерĕç. Трактористсемпе комбайнерсен тата ытти мĕнпур работниксен хастарлăхĕ пысăк.

МТС-ри пуçламăш парторганизацийĕпе унăн агитколлективĕ трактористсемпе комбайнерсене тата ытти работниксене политикăлла воспитани парас ĕçе нумай вăйлатрĕç. Çакна пула вара механизаторсем хушшинче ĕç дисциплини çирĕпленчĕ, вĕсен политикăлла активлăхĕ тата производствăри хастарлăхĕ ÿссе пычĕ. Пуçламăш парторганизаци хăйĕн вăйне тĕрĕс вырнаçтарса тухни, коммунистсен производствăри авангардлă рольне ÿстерни механизаторсене социализмла ăмăртăва тĕрĕс организацилеме май пачĕ.

Пирĕн агитколлектив 42 çынна пĕрлештерсе тăрать. Вĕсем—малта пыракан трактористсем, комбайнерсем тата ытти активистсем. Агитаторсене политикăлла-массăлла ĕç тума уйрăм бригадăсем çумне çирĕплетнĕ. Агитколлектив тата кашни агитатор политикăлла ĕçсене пĕрле пăхса тухса çирĕплетнĕ план тăрăх тăваççĕ. Тырпул пухса кĕртмелли тапхăрта тумалли ĕçсен планне, сăмахран, эпир çакăн пек турăмăр. Малтан КПСС Чăваш обкомĕн V-мĕш пленумĕ йышăннă решенисене парти пухăвĕнче сÿтсе яврăмăр. Парти пухăвĕ агитколлектива ку тĕлĕшпе ятарласа план тума кăтарту пачĕ. Агитколлектив планне агитаторсен пĕрлехи пухăвĕнче пăхса тухса çирĕплетрĕмĕр. Агитаторсем вара çак планпа килĕштерсе хăйсем валли ĕç планĕсем турĕç. Халĕ ĕнтĕ вĕсем механизаторсем хушшинче ятарласа тунă план тăрăх ĕçлеççĕ—каласусем, докладсем ирттереççĕ, хаçат-журнал вуласа параççĕ, умра тăракан задачăсем çинчен тĕплĕн каласа ăнлантараççĕ.

Кăçал МТС работникĕсене политикăлла темăсем тăрăх 67 доклад туса панă. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем тăрăх механизаторсем валли 29 доклад ирттернĕ. Çураки вăхăтĕнче механизаторсем хушшинче пĕр пине яхăн каласусем ирттернĕ.

Политикăлла темăсемсĕр пуçне, механизаторсем валли техника тата агротехника ыйтăвĕсем тăрăх каласусем ирттеретпĕр. Кун пек каласусем те активлă иртеççĕ. Уйрăмах П. Смирнов, М. Анисов, В. Васильев, Н. Овчинников, Л. Сергеев агитаторсем ирттерекен каласусен пахалăхне палăртмалла.

Каласусем ирттерни — ĕçĕн пĕр енĕ кăна-ха. Каласусене практикăлла ĕçпе çыхăнтармасан, вĕсем пуш сăмахсем вырăнне кăна тăрса юлма пултараççĕ. Пирĕн агитаторсем çакна яланах асра тытаççĕ: политикăлла-массăлла ĕçе практикăлла ĕçпе тачă çыхăнтарса туса пымалла. Ку тĕлĕшпе нумай тĕслĕхсем кăтартса пама пулать.

Ю. Чунаев юлташ—трактор бригадин бригадирĕ. Хăйĕн тĕп тивĕçĕсене лайăх пурнăçласа пынипе пĕрлех вăл массăсем хушшинче политикăлла ĕç тăвать. Çак бригадир çуракинчи социализмла ăмăртура мала тухрĕ. Вăл ертсе пыракан бригада çураки планне ирттерсе тултарчĕ, çулталăк хушшинче тракторпа тумалли ĕçсен заданине 43 процент пурнăçларĕ. Хастарлă бригада МТС-ри куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялава илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Л. Сергеев, В. Иванов, А. Верхилеев бригадирсем те агитаторсем пулса ĕçлеççĕ. Çураки ĕçĕсенче вĕсем ертсе пыракан бригадăсем те аван тĕслĕх кăтартрĕç. Тырпул пухса кĕртме хатĕрленес енĕпе те ку бригадăсем аван ĕçлерĕç.

Агитаторсене пĕр-пĕрин опычĕпе паллаштарни политикăлла-массăлла ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăрать. Лайăх ĕçлекен агитаторсен опытне сарас, агитколлектив членĕсен пĕлĕвне ÿстерес шутпа эпир кашни вунă кунта пĕрер хутран кая мар семинарсемпе канашлусем ирттеретпĕр. Семинарсенче практикăлла ĕç ыйтăвĕсемсĕр пуçне, политикăлла ыйтусем тăрăх лекцисемпе докладсем пулаççĕ. Докладсемпе лекцисене пысăк квалификациллĕ лекторсем, КПСС райкомĕн секретарĕсемпе МТС руководителĕсем ирттереççĕ.

МТС работникĕсем хушшинче политикăлла-массăлла ĕç мĕнле пыни çинчен, çавăн пекех уйрăм агитаторсем мĕнле ĕçлени çинчен парти пухăвĕсенче тăтăшах сÿтсе яватпăр, ĕçе лайăхлатмалли майсене кăтартса паратпăр. Çапла туни агитаторсен ĕçри ответлăхне, политикăлла агитацин идейăлла шайне ÿстерме пулăшать. Чылай агитаторсем, парти пухăвĕн кăтартăвĕсене пурнăçласа, бригадăсенчи механизаторсем хушшинче политикăлла воспитани ĕçне вăйлатрĕç.

Нагляднăй агитаци те чылай лайăхланчĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисен идейине, умра тăракан задачăсене ĕççыннисем патне çитерес ĕçре эпир вырăнти пичетпе те анлăн усă куратпăр. МТС дирекцийĕ çумĕнче, бригадăсенче тата ĕçĕн ытти участокĕсенче тăтăшах стена хаçачĕсем тухса тăраççĕ. Кăçал пурĕ 150 номер стена хаçачĕсемпе боевой листоксем кăларнă. Пирĕн механизаторсем стена хаçачĕсене питĕ юратса вулаççĕ. Стена хаçачĕсемпе боевой листоксем ĕç дисциплинине çирĕплетме, тухăçлăрах ĕçлеме, малта пыракан опыта сарма пулăшаççĕ. Çак ĕçе эпир уйрăмах малта пыракан 2-мĕш, 3-мĕш, 4-мĕш, 6-мĕш тата 13-мĕш бригадăсен опытĕнчен аван куратпăр.

Пирĕн механизаторсем хаçат-журналсем илсе тăраççĕ. Кунсăр пуçне вĕсене куçса çÿрекен библиотекăсем туса панă. Механизаторсенчен нумайăшĕ кĕнекесем илсе вулаççĕ.

Пуçламăш парторганизацийĕпе унăн агитколлективĕ ĕççыннисем хушшинче политикăлла ĕçре ытти майсемпе те усă кураççĕ. Сăмахран, хĕрлĕ кĕтес ĕçнех илер. МТС-ри хĕрлĕ кĕтес виççĕмĕш çул кăна ĕçлет-ха. Халĕ ĕнтĕ вăл механизаторсен юратнă вырăнĕ пулса тăчĕ. Библиотека хаçат-журнал нумай илсе тăрать, политикăлла тата художествăлла, техникăлла литература çителĕклĕ. Нумай механизаторсем тăтăшах литература илсе вуласа тăраççĕ. Кунсăр пуçне, кунта кĕнекесене пĕрле пухăнса вулас ĕçе йĕркеленĕ. Халăх хушшине кĕнекесем сарас, вулакансен йышне ÿстерес, хĕрлĕ кĕтес ĕçне тата механизаторсен канăвне культурăлла йĕркелес ĕçре çамрăксем—Л. Моисеева, Г. Иванов, В. Трофимов, Н. Овчинников, Р. Иванова комсомолецсем пысăк пулăшу пачĕç.

Эпир политикăлла-массăлла ĕçе механизаторсен ĕç тухăçлăхне ÿстерес, малта пыракан техникăпа анлăрах усă курас тĕллевпе туса пыратпăр. Çак ĕçре пире социализмла ăмăртăва анлăн сарни пысăк пулăшу парать. МТС-ри кашни механизатор ăмăртса ĕçлет. МТС Сĕнтĕрвăрринчи машина-трактор станцийĕн коллективĕпе ăмăртать, бригадăсем бригадăсемпе, çавăн пекех уйрăм çынсем те пĕр-пĕринпе ăмăртаççĕ. Ăмăрту договорĕсене тăтăшах тĕрĕслесе тăратпăр. МТС коллективĕ, малта пыракан уйрăм механизаторсем илнĕ обязательствăсене тата çав обязательствăсем мĕнле пурнăçланса пынине çырса тăма кăтарту хăми тунă. Çавăн пекех ытти механизаторсен ăмăртăвне те кăтарту хăми çине çырса тăмалла тунă.

Агитколлектив ун пек тунине çителĕксĕр тесе шутларĕ. Ку тĕрĕс те: мĕншĕн тесен уй-хирти хĕрÿ ĕç вăхăтĕнче механизаторсем МТС территорине килсе тăраймаççĕ, çавăнпа та ĕнтĕ коллектив ăмăрту мĕнле пынине пĕлсе тăма пултараймасть. Çавна шута илсе эпир кашни бригадăрах кăтарту хăми тума йышăнтăмăр. Бригадăри кăтарту хăмисене лайăх илемлетнĕ. Ун çине кашни механизатор пилĕк кун хушшинче мĕнле ĕçлени çинчен çырса тăратпăр.

Бригадăсенче куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавсем пур. Вĕсене бригадăри кашни пилĕк кунра мала тухнă механизаторсене параççĕ. МТС-ри Хĕрлĕ ялава кашни вунă кунра малта пыракан бригадăна памалла тунă. Ку ялава В. Егоров юлташ ертсе пыракан 4-мĕш бригадăна панăччĕ. Вара тепĕр вунă кунран Хĕрлĕ ялава Ю. Чунаев ертсе пыракан бригада илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Пирĕн парторганизацинчи пур коммунистсем те ĕçре малта пыраççĕ, хăйсен примерĕпе мĕнпур механизаторсене хавхалантараççĕ. Çавна май чылай юлташсен ĕç тухăçлăхĕ хăпарчĕ. Çынсем хăвăрт ÿссе пыраççĕ. Ивановпа Матвеев комсомолецсем çулталăкра ĕçлемелли нормăн 75 процентне пурнăçларĕç. Кун пек тĕслĕхсем кашни бригадăрах пур. Всеволод Иванов иртнĕ çулта бригадир помощникĕ пулса ĕçлерĕ. Çак малта пыракан механизатора парти членĕн кандидатне илнĕ, бригадира уйăрса лартнă. Вăл кун хыççăн коллектив умĕнче тата пысăкрах обязательство илчĕ. В. Иванов юлташ ертсе пыракан иккĕмĕш трактор бригади çуракинче мала тухрĕ, бригада «1-ое Мая» колхозра 100 тоннăна яхăн силос хыврĕ. Бригада халĕ тырпул пухса кĕртес ĕçре те малта пырать.

— Калама çук савăнăçлă вăхăтра пурăнатпăр,—каласа парать бригадир хăй ертсе пыракан механизаторсене. — XIX-мĕш партсъезд йышăннă решенисем чуна çĕклентереççĕ. Совет çынни хăй ĕçлекен вырăнта пысăкран та пысăкрах ÿсĕмсем тума тăрăшать. Эпир те ытларах тăрăшар, юлташсем. Бригада ятне сÿлте тытар. МТС чысĕшĕн тăрăшар.

Хастарлă çамрăк Всеволод Иванов пирĕн мĕнпур механизаторсен шухăш-кăмăлне калать. Ĕç вĕрет. Механизаторсен ĕçлес кăмăлĕ ÿснĕçемĕн ÿссе пырать. Вĕсем çав тери вăйлă ÿссе пулнă тырпула пĕр тăккаламасăр пухса кĕртессишĕн тăрăшаççĕ.

И. ИЛЛАРИОНОВ,
МТС-ри пуçламăш парторганизаци секретарĕн заместителĕ.

# Совет çĕршывĕн Тинĕс-Çар Флочĕ

Ыран, июлĕн 26-мĕшĕнче, совет халăхĕ СССР Тинĕс-Çар Флочĕн кунне уявлать. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви 1939 çулта йышăннă тăрăх, çак куна ĕçсыннисене Тинĕс-Çар Флотне тăвас ĕçтусемпе паллаштарас тата ун умĕнче тăракан задачăсем тавра мобилизацилес тĕллевпе çулленех уявласа ирттермелле турĕ.

Кăçал пирĕн халăх Тинĕс-Çар Флочĕн кунне хуçалăхпа культура строительствинче çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илет. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра таччăн пĕтĕçсе, пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем коммунизм строительствинче çĕнĕрен çĕнĕ çитĕнÿсем тăваççĕ. Çакă вăл СССР халăх хуçалăхне 1953 çулта аталантармалли плана пĕрремĕш çурçуллăхра ăнăçлă тултарнинчен те уççăн курăнать.

Пирĕн партипе правительство тытса пыракан политикăн тĕп тĕллевĕ—ĕçсыннисен пурнăçне пĕрмаях лайăхлатса пырасси, социализмла государствăна малалла тĕреклетесси, пĕтĕм тĕнчери мир ĕçне çирĕплетесси пулса тăрать. Совет халăхĕ çак политикăна чĕререн ырлать тата ăна активлăн пурнăçа кĕртсе пырать.

ССР Союзĕ—тинĕслĕ аслă держава. Пирĕн государство чиккисен виçĕ пайĕнчен икĕ пайĕ ытла, е 47 пин километрĕ ытла тинĕссемпе океансем тăрăх тăсăлса выртать. Совет çĕршывĕн сыранĕсем хĕрринче вунтăватă тинĕс хумханать. Совет Союзĕнчен тÿррĕнех виçĕ океана тухма пулать. Пирĕн Тăван çĕршыв территорийĕнче 100 пин ытла юханшыв шутланать, кÿлĕсем те питĕ нумай.

Вырăс çыннисем яланах тинĕссенче хăюллă çÿрекенсем, тĕпчев ĕçĕсене ăслăн тăвакансем пулнă. Вĕсем Ази материкĕн çурçĕрти тата çурçĕр-хĕвелтухăçĕнчи сыранĕсене, Африкăн нумай районĕсене пуринчен малтан тĕпчесе пĕлнĕ, Америкăн çурçĕр-хĕвеланăç пайне, Антарктидăна тата нумай утравсене пуринчен малтан тупнă. Азипе Америка хушшине тинĕс тăрăх чи малтан ишсе тухнă Дежнев, Америкăн çурçĕр-хĕвеланăç чиккине, Алеут утравĕсене тупнă Берингпа Чирков, Антарктида материкне тупнă Лазаревпа Беллинсгаузен тата ытти нумай мореплавательсемпе совет халăхĕ тивĕçлипех мухтанма пултарать.

Пирĕн çĕршыв çыннисем Российăна тинĕссемпе океансенчен хĕссе кăларма хăтланнă тăшмансене хирĕç пĕр хут çеç мар паттăррăн кĕрешнĕ. Гангут, Чесма, Корфу, Синоп, Моонзунд патĕнче тата ытти вырăнсенче те чаплă çĕнтерÿсем тунипе вырăс флочĕ пĕтĕм тĕнче умĕнче мухтава тухнă. Вырăс çыннисенчен флота ертсе пыракан питех те паллă çынсем—Пĕрремĕш Петр, Ушаков, Сенявин, Лазарев, Корнилов, Бутаков, Макаров тата ыттисем те тухнă.

Вырăс çыннисем çĕнĕ йышши карапсем, тинĕсре усă курмалли çĕнĕ хĕçпăшалсем тăвас ĕçре те урăх çĕршыв çыннисенчен малта пынă. Вырăс флотĕнче ĕçленĕ А. С. Попов тĕнчере пуринчен малтан радио шухăшласа кăларнă тата вăлах радиолокаци принципĕсене туса хатĕрленĕ.

Тинĕс офицерĕ А. Ф. Можайский тĕнчери чи малтанхи самолета тунă. С. О. Макаров адмирал тĕнчери пĕррремĕш ледокола тунă. Совет ученăйĕ А. Н. Крылов академик карапсем тумалли теорие малалла аталантарас тĕлĕшпе чаплă ĕçсем тунă.

Пирĕн Тинĕс-Çар Флочĕн революциллĕ традицийĕсем те пысăк. Моряксем патша правительствине хирĕç, Октябрьти Социализмла Аслă революци çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешекенсен малти ретĕнче пулнă. 1917 çулхи октябрĕн 25-мĕшĕнче «Аврора» крейсер тупписем, Зимний Дворец çине персе, этемлĕх историйĕнче çĕнĕ тапхăр—социализмла революци тапхăрĕ пуçланни çинчен пĕлтернĕ.

Совет государствине туса хурсан малтанхи кунсенчех унăн ют çĕршыв интервенчĕсемпе шалти контрреволюцие хирĕç кĕрешмелле пулнă. В. И. Ленинпа И. В. Сталин кăтартса панă тăрăх, граждан вăрçи çулĕсенче тăшмана хирĕç кĕрешме юханшывсемпе кÿлĕсенче çирĕм ытла флотили тунă. Çав флотилисем, Хĕрлĕ Çар чаçĕсемпе пĕрле, ют çĕршыв захватчикĕсемпе белогвардеецсене хытă аркатнă. Çар моряксенчен 60 пин çын ытла типĕ çĕр çинчи фронтсенче çапăçнă.

Интервентсемпе белогвардеецсене çĕмĕрсе тăкнă хыççăн, совет халăхĕ мирлĕ ĕçе пуçăнчĕ. Партипе халăхăн пĕтĕм вăйне халăх хуçалăхне юсас тĕллеве пăхăнтарса, Коммунистсен партийĕ пирĕн çĕршывăн оборона вăй-хăватне ÿстерессишĕн питех те тимлĕн тăрăшрĕ. Партин X-мĕш съезчĕ 1921 çулхи мартра Тинĕс-Çар Флотне çĕнĕрен туса вăйлатасси çинчен историллĕ решени йышăнчĕ.

Флота юсас ĕçре комсомол пысăк вырăн йышăнчĕ. В. И. Ленин тата И. В. Сталин пуçарнипе, комсомолăн пиллĕкмĕш съезчĕ Тинĕс-Çар Флотне шефа илчĕ. Çавăн хыççăн комсомол карапсем çине тата тинĕс-çар шкулĕсене пиншер çамрăксене ячĕ.

Балтипе Хура тинĕс флочĕсене юсаса тĕреклетнипе пĕрлех, 1932 çулта—çĕнĕрен Лăпкă океан флотне, 1933 çулта—Çурçĕр флотне тунă.

Малтанхи пилĕкçуллăхсене ăнăçлă пурнăçлани совет халăхне пирĕн çĕршывăн хăватлă флотне тума май пачĕ. Флот çулленех çĕнĕрен çĕнĕ карапсем илсе тăчĕ, çар морякĕсен кадрĕсем ÿссе çитĕнчĕç. Пĕтĕм халăх тăрăшса ĕçленипе, пирĕн çĕршыв хăватлă Тинĕс-Çар Флочĕ туса хучĕ.

Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче фашистла Германипе империалистла Япония хирĕç кĕрешсе, пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсем хăйсен пултарулăхĕпе паттăрлăхне пĕтĕм тĕнчене кăтартса пачĕç. Совет Çарĕн паттăр воинĕсемпе пĕрле Тăван çĕршывшăн совет моряксем те хăюллăн çапăçрĕç. Герой-хуласене—Ленинграда, Одессăна, Севастополе, Сталинграда хÿтĕленĕ çĕрте пирĕн моряксем çав тери пысăк паттăрлăх кăтартрĕç. Совет Çарĕ тăшмана хирĕç наступлени куçсан, çар моряксем фашистла вăрă-хурахсене аркатас ĕçре типĕ çĕр çинчи çарсене активлăн пулăшса пычĕç.

Флот Тăван çĕршыв умĕнчи хăйĕн тивĕçне чыслăн пурнăçларĕ. Совет моряксен паттăр ĕçне партипе правительство пысăк хака хучĕç. Тăшмана хирĕç паттăррăн çапăçнăшăн 513 моряка Совет Союзĕн Геройĕ ятне панă, 352.855 моряка орденсемпе медальсем парса наградăланă.

Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче Чăваш республикин ывăлĕсемпе хĕрĕсем те тинĕссем çинче хăюллăн çапăçрĕç. Вĕсен паттăр ĕçĕсене орденсемпе медальсем парса хакланă. Флотран таврăннă чăваш морякĕсем халĕ мирлĕ строительствăра хастарлăн ĕçлеççĕ. Отечественнăй вăрçăра тăватă награда илнĕ Иван Афанасьев халĕ производствăра стахановла ĕçлет. Вăл рядовой рабочирен пуçласа цех начальникне çити ÿснĕ. Вăрçăра тăватă награда илнĕ Федор Северов кăçал Чăваш педагогика институтĕнчен вĕренсе тухрĕ. Элĕк районĕнчи колхозник ывăлне Мирон Ефимова Çурçĕр флотĕнче тинĕс летчикĕ пулса паттăррăн çапăçнăшăн Совет Союзĕн Геройĕ ятне панă. Халĕ вăл авиачасть командирĕ пулса ĕçлет.

Аслă Отечественнăй вăрçăра чаплă çĕнтерÿ тунă хыççăн пирĕн çĕршывăн тинĕсри чиккисем анлăланчĕç тата çирĕпленчĕç. Совет Союзĕ тинĕслĕ аслă держава пулса тата ытларах вăйланчĕ. Пирĕн Тăван çĕршывăн чиккисем хальхи пек тĕрĕс те лайăх йĕркеленсе тăни историре нихçан та пулман.

Совет правительстви мĕнпур çĕршывсемпе мирлĕн килĕштерсе пурăнассишĕн тăрăшать. Анчах та империализмла çĕршывсен правительствисем Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç вăрçă пуçласа яма васкасах хатĕрленеççĕ, Корейăри киревсĕр вăрçа тăсса пыраççĕ, тĕрлĕ провокацисем организациллеççĕ. Çавăнпа та партипе правительство совет çыннисен мирлĕ ĕçне хуралласа тăракан пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсен хăватне ÿстерме мĕн кирлине пурне те тăваççĕ.

«Пирĕн чи таса тивĕç, — терĕ Г. М. Маленков юлташ 1953 çулхи мартăн 9-мĕшĕнче, — совет çĕршывĕн хăватлă Хĕçпăшаллă Вăйĕсене пур майсемпе те тĕреклетсе пырасси пулать. Пирĕн вĕсене тăшман кирек мĕнле тапăннине те аркатса тăкмаллах пырса çапма хатĕр тытса тăмалла».

Совет халăхĕ малашлăх çине шанчăклăн пăхать. Пирĕн Тăван çĕршывăн мирлĕ ĕçне Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ сивĕччĕн хуралласа тăраççĕ.

**П. ТРОФИМОВ,**
**Чăваш республикинчи ДОСААФ оргкомитечĕн председателĕ.**

## Планран ирттерсе апат-çимĕç продукчĕсем

Республикăри апат-çимĕç продукчĕсем тăвакан чылай предприятисем пĕрремĕш çурçуллăхри производство планне ирттерсе тултарнă. Росглаввинон Шупашкарти комбиначĕ планран ирттерсе çĕршер пин тенкĕлĕх хĕрлĕ эрех туса кăларнă. Шупашкарти ликерпа эрех завочĕ чылайччен юлса пынă пулнă. Иккĕмĕш квартала вăл хăйĕн ĕçне лайăхлатнă, пĕрремĕш кварталти парăма татнă, çурçуллăхри планран ирттерсе чылай продукци туса кăларнă.

Шупашкар хулинчи апат-çимĕç комбиначĕ плана пур çимĕçсем енĕпе те ирттерсе тултарнă.

Республикăри апат-çимĕç промышленноçĕ çурçуллăхри планран ирттерсе 170 центнер макарон, 500 центнер кондитерски çимĕçсем тата ытти йышши продуктсем те туса кăларнă.

## Стена хаçачĕ вăхăтра тухса тăрать

Территориллĕ парторганизаципе ял Совечĕ кăларакан «Коммунизм çулĕпе» ятлă стена хаçачĕ 4 çул тухса тăрать. Иртнĕ çулсенче вăл йĕркеллĕ тухса тăраймарĕ. Редколлеги составĕнчи çынсем хăйсен задачисене тивĕçлипе пурнăçласа пыма тăрăшман. Парторганизаципе ял Совечĕ те стена хаçачĕ кăларса тăрас ыйтуçă çителĕклĕ интересленмен.

Кăçал стена хаçачĕ çинчен парторганизаци ятарласа сÿтсе яврĕ, редколлеги составне çĕнĕрен суйларĕ. Редколлегинче пурĕ виçĕ çын. Эпир хаçат культурăллă, идея тĕлĕшĕнчен юрăхлă пултăр, тесе тăрăшатпăр.

Кашни номертех хаçатăн ятне урăхла тĕссемпе сăрласа илемлететпĕр. Заметкăсен ячĕсене илемлĕ сăрăсемпе сăрлатпăр, ÿкерчĕксем тăватпăр. Заметкăсене вĕсне те витĕмлĕ, ăнланмалла чĕлхепе, лайăх почеркпа çырса кăларатпăр.

Иртнĕ çулсенче хаçатра çырнă критикăллă статьясен витĕмлĕхĕшĕн çителĕклĕ тăрăшман. Кăçалхи çул хаçат çине çырса кăларнă материалсем тăрăх тивĕçлĕ мерăсем йышăннине тĕрĕслесе пыратпăр. Колхоз правленийĕпе, ял Совечĕпе, активпа тачă çыхăну тытатпăр.

Хаçатăн пĕр номерĕнче иккĕмĕш класра вĕренекен В. Портнова шкула çÿременни çинчен, вăл колхозри сысна фермин заведующийĕ М. Ухварина юлташ патĕнче ача пăхса пурăнни çинчен çырнăччĕ. Çавăн хыççăн Портнова шкула çÿреме пуçларĕ, вĕренÿ çулне ăнăçлă вĕçлерĕ. Çавăн пекех государствăна укçатенкĕ парăмĕсене тÿлемен çынсен ячĕсене çырса палăртнăччĕ. Çавăн хыççăн чылайăшĕ ял Советне пырса хăйсен парăмĕсене парса татнă.

Хаçатăн тепĕр номерĕнче колхозăн уйхирĕнче шăтса тухнă калчасене выльăхсем ватса çÿрени, ял тавра, кирлĕ вырăнсенче картасем çукки çинчен çырнăччĕ. Кун хыççăн колхоз чылай вырăнсене карта тытса хучĕ.

Кун пек тĕслĕхсем тата та нумай илсе кăтартма пулать.

Редколлеги ĕçĕнче, паллах, çитменлĕхсем те пур-ха. Хаçатра «Юмор» кĕтессине йĕркелеймен-ха, тĕрлĕ çитменлĕхсене кăтартакан карикатурăсем çителĕксĕр.

Малашне эпир, çитменлĕхсене пĕтерсе, хаçатăн организаторла рольне тата ытларах ÿстерессишĕн тăрăшăпăр.

**В. АНТОНОВ,**
стена хаçат редакторĕ.
Первомайски районĕ,
Çĕньял ялĕ.

## Колхозсемпе совхозсенче ĕнесен сĕт тухăçлăхне ÿстерессишĕн пыракан социализмла ăмăртăвăн итогĕсем

(1953 çулхи июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне)

| Йышăннă вырăн | Район, колхоз, совхоз ячĕсем | Колхоз председателĕсен, совхоз директорĕсен хушамачĕ | Кашни сăвакан ĕнерен сĕт суса илнĕ (литрпа) |
|---|---|---|---|
| | **I. Совхозсем:** | | |
| 1. | Çĕрпÿри государство селекци станцийĕ | Лукьяненко Я. Ф. | 2.171 |
| 2. | Чăвашсен ялхуçалăх институчĕн вĕренÿ хуçалăхĕ | Тимофеев Л. И. | 1.852 |
| 3. | Шупашкарти «Росглаввино» комбиначĕ | Фомичев Я. В. | 1.512 |
| 4. | Улатăрти махорка совхозĕ | Корольков П. М. | 1.286 |
| 5. | Государствăн лаша вити | Мельников М. И. | 1.158 |
| | **II. Колхозсем:** | | |
| 1. | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Юхтанов Ф. П. | 1.660 |
| 2. | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | Митин М. С. | 1.416 |
| 3. | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Коротков С. К. | 1.136 |
| 4. | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Князьков М. Н. | 1.128 |
| 5. | Çĕрпÿ районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | Васильев И. В. | 1.050 |
| 6. | Пăрачкав районĕнчи Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз | Хайлов М. И. | 1.010 |
| 7. | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Андреев Е. А. | 1.005 |
| 8. | Етĕрне районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | Рыбаков Н. И. | 995 |
| 9. | Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз | Долгов М. Г. | 891 |
| 10. | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Зайцев В. В. | 868 |
| 11. | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | Яблонский А. А. | 782 |
| 12. | Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз | Павлов А. Н. | 774 |
| 13. | Çĕрпÿ районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Орлов В. П. | 757 |
| 14. | Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Семенов А. С. | 736 |
| 15. | Комсомольски районĕнчи «Красная звезда» колхоз | Яковлев П. Я. | 734 |
| 16. | Çĕмĕрле районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Демидов А. П. | 724 |
| 17. | Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Петров Н. П. | 711 |
| 18. | Первомайски районĕнчи «Пионер» колхоз | Сынгаров Р. Г. | 700 |

## Доярккăсен ăмăртăвĕ

### Сĕт нумай суса илес ĕçре малта пыракансем

Кăçалхи ултă уйăх хушшинчи итогсем

| Йышăннă вырăн | Хушаматсем | Район, колхоз, совхоз ячĕсем | Кашни сăвакан ĕнерен сĕт суса илнĕ (литрпа) |
|---|---|---|---|
| 1. | Ефимова А. Е. | Çĕрпÿри государство селекци станцийĕ | 3.149 |
| 2. | Митрофанова О. М. | —«— | 2.534 |
| 3. | Федорова А. Ф. | —«— | 2.401 |
| 4. | Лукина О. П. | —«— | 2.219 |
| 5. | Григорьева А. Г. | —«— | 2.025 |
| 6. | Селиванова А. С. | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 1.951 |
| 7. | Никандрова А. | Чăвашсен ялхуçалăх институчĕн вĕренÿ хуçалăхĕ | 1.916 |
| 8. | Аверкиева П. А. | —«— | 1.788 |
| 9. | Андреева З. А. | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 1.685 |
| 10. | Дубынина А. Н. | —«— | 1.604 |
| 11. | Арсентьева А. А. | Шупашкарти «Росглаввино» комбиначĕ | 1.574 |
| 12. | Кузовенкова М. П. | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 1.536 |
| 13. | Степанова М. И. | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 1.485 |
| 14. | Лебедева О. А. | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 1.451 |
| 15. | Николаева Ф. М. | Шупашкарти «Росглаввино» комбиначĕ | 1.450 |
| 16. | Ганюшкина М. Ф. | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 1.427 |
| 17. | Харитонова А. П. | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 1.408 |
| 18. | Бурлакова Н. П. | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.392 |
| 19. | Рузавина М. Я. | Улатăрти махорка совхозĕ | 1.300 |
| 20. | Воложинова Е. Д. | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 1.290 |
| 21. | Трошкина А. Ф. | Улатăрти махорка совхозĕ | 1.286 |
| 22. | Ситухина К. А. | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.286 |
| 23. | Тронина Р. С. | Улатăрти махорка совхозĕ | 1.284 |
| 24. | Тужилкина Т. С. | —«— | 1.268 |
| 25. | Потапова П. Е. | Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхоз | 1.252 |
| 26. | Самакова Ф. С. | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1.245 |
| 27. | Табакова Л. Ф. | —«— | 1.230 |
| 28. | Ерошина Н. Д. | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.227 |
| 29. | Крылова Т. Н. | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1.219 |
| 30. | Филиппова Т. Ф. | Çĕрпÿ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1.193 |
| 31. | Смирнова Н. И. | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 1.191 |
| 32. | Викторова Ю. Г. | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1.190 |
| 33. | Яковлева Н. Я. | Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.180 |
| 34. | Баринова М. Г. | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1.175 |
| 35. | Степанова М. К. | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1.175 |
| 36. | Матвеева У. М. | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1.170 |
| 37. | Андреева Т. А. | Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.150 |
| 38. | Порфирьева М. П. | Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз | 1.135 |
| 39. | Муравьева П. И. | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1.117 |
| 40. | Кириллова З. К. | Çĕрпÿ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1.113 |
| 41. | Титова А. Т. | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1.111 |
| 42. | Иванова З. Н. | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1.103 |
| 43. | Кириллова Р. К. | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.088 |
| 44. | Орлова Е. Р. | —«— | 1.079 |
| 45. | Мразова А. М. | —«— | 1.079 |
| 46. | Мишенькова А. | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1.072 |
| 47. | Александрова А. | Етĕрне районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | 1.068 |
| 48. | Чермакова М. П. | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1.063 |
| 49. | Филиппова А. Ф. | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1.059 |
| 50. | Пугачева Н. Е. | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.057 |
| 51. | Братанова Т. И. | Етĕрне районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | 1.054 |
| 52. | Александрова О. А. | Çĕрпÿ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1.034 |
| 53. | Орлова М. В. | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.031 |
| 54. | Тодинова О. И. | —«— | 1.017 |
| 55. | Тодинова Ю. И. | —«— | 1.010 |
| 56. | Петрова А. П. | —«— | 1.001 |
| 57. | Кузьмина Е. К. | Çĕрпÿ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 985 |
| 58. | Доброва Е. | Канаш районĕнчи «Соревнование» колхоз | 972 |
| 59. | Заплаткина П. В. | Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз | 967 |
| 60. | Курбатова Н. Д. | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 957 |
| 61. | Козлова А. М. | Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхоз | 952 |

(Юлашки пулать)

## Республикăри ДОСААФ организацийĕсенче

Республикăри хуласемпе ялсенче Тинĕс-Çар Флочĕн кунне паллă тума хатĕрленеççĕ. Çавна май фабрикăсемпе заводсенче, колхозсемпе МТС-сенче Тинĕс-Çар Флочĕн историйĕ çинчен, совет моряксем Отечественнăй Аслă вăрçă çулĕсенче тунă паттăр ĕçĕсем çинчен лекцисемпе докладсем тата калаçусем ирттереççĕ.

Тинĕс-Çар Флочĕн кунĕ ячĕпе Шупашкарти электроаппаратура завочĕн икĕ шлюпка команди Атăл тăрăх Ильинкăна похода кайса килнĕ. Улатăр хулин команди Сăр тăрăх шлюпкăпа похода кайнă, çывăхри колхозсенче пулнă. Унта совет моряксен мухтавлă ĕçĕсем çинчен калаçусем ирттернĕ.

Шупашкарти ДОСААФ организацийĕ йĕркеленипе хулари чылай предприятисемпе учрежденисенче шлюпкăпа ишекенсен командисем тунă. Çак командăсем Тинĕс-Çар Флочĕн кунĕ ячĕпе ирттерекен ăмăртăва хутшăнма хатĕрленеççĕ.

Хулари Тинĕс клубĕ юлашки çулсенче çĕнĕ модельсемпе, тĕрлĕ экспонатсемпе пуянланчĕ. Хулари ДОСААФ членĕсем кунта тинĕс ĕçне вĕренеççĕ. Кунсăр пуçне вĕсем тĕрлĕ карапсемпе катерсен моделĕсене тăваççĕ. Уяв кунĕнче çав модельсен выставкине уçма палăртнă.

Ыран—июлĕн 26-мĕшĕнче Шупашкарта, Улатăрта, Сĕнтĕрвăрринче тата республикăри ытти хуласемпе район центрĕсенче шывра кимĕпе ишес тĕлĕшпе ăмăртусем пулса иртеççĕ. ДОСААФ членĕсем хăйсен пултарулăхне, ăсталăхне кăтартаççĕ. Кунсăр пуçне спортăн тĕрлĕ вăййисем енĕпе те ăмăртусем пулаççĕ. Унта çĕршер спортсмен хутшăнать. Шупашкарти шыв станцийĕнче ДОСААФ членĕсем шывра ишес енĕпе хăйсен ăсталăхне кăтартаççĕ, парашютистсем самолет çинчен Атăл çине массăллăн сикеççĕ.

*Çĕнĕ пилĕкçуллăхри стахановецсем*

## Торфяницăсен бригадирĕ

Пысăк лаптăк. Ăна пур енчен те ешĕл вăрман хÿтĕлесе тăрать. Кунта хĕрсем торф кăлараççĕ. Вĕсем хушшинче эпир Елизавета Тимофеевăна куратпăр. Вăл ертсе пыракан бригада пархатарлă ĕçпе чапа тухнă.

Унăн бригадинче хăй пекех торф кăларнă çĕрте виççĕмĕш çул ĕçлекен çамрăксем сахал мар. Çак вăхăтра вĕсем производствăна, техникăна, ĕç мелĕсене лайăх вĕренсе çитнĕ. Çавна пула ĕнтĕ бригада яланах малта пырать. Подкладчицăсем Валентина Даниловăпа Анастасия Егорова хăйсен хастарлăхĕпе тĕлĕнтереççĕ. Антонина Ратникова машинăран тухса тăракан çемçе торфа касса тăрать, ытти хĕрсем вара 150 метр тăршшĕ транспортер тавра йĕркипе тăнă та хăйсем патне шуса пыракан кирпĕчсене илсе çĕр çине сарса пыраççĕ.

Акă, паян иртенпех ĕç ăнса пыратчĕ. Анчах сасартăк машина чарăнса ларчĕ. Торф ăсакан куркасем пысăк тымара çакланнă та сăнчăрĕ хăй йĕрĕнчен тухса кайнă.

Бригадир çакна курсанах багермейстер патне васкаса хăпарчĕ. Багермейстер та—Митрофанов—çамрăк механизатор мĕн, вăл паян канма юлнă Грачев вырăнне ĕçлет.

— Вăт инкек!—тет Тимофеева. Унăн ăшă кăмăллă сăн-пичĕ пачах улшăннă. Вăл çиленнĕ пек те, пăшăрханнă пек те: куркасен сăнчăрне хăй йĕрне вырнаçтарса лартмалла. Транспортер тăршшĕпех тăрса тухнă хĕрсен енне çаврăнчĕ те шăнкрав пек усă сассипе çапла каларĕ:

— Халех кунта пуçтарăнăр, юлташсем! Куркасен сăнчăрне вырнаçтармалла!

Пĕр самантрах пурте пуçтарăнчĕç, анчах пĕри кая юлнă, ăна бригадир сăнанă.

— Зина, часрах чуп!—чĕнет Тимофеева.

— Кайса ÿкет пулĕ ку, епле аран утса килет!—терĕ вăл машина патнелле утса. Хĕрсем ахăлтатса кулса ячĕç. Бригадирăн та куçĕсем вăрттăн кулаççĕ. Зина часах чупса çитрĕ те ыттисемпе пĕрле машина юсанă çĕрте ĕçлеме пуçларĕ.

Часах машинăна юсаса пĕтерчĕç те бригадир çăмăллăн сывласа ячĕ:—Ну, пурте вырăна! Эсĕ машинăна авантарах асту!—терĕ вăл багермейстер енне çаврăнса.

Ĕç пуçланчĕ. Бригадир хăй те ахаль тăмасть: кăларнă торф кирпĕчĕсене шутлать. Бригада членĕсем мĕнле ĕçленине асăрхать, камăн мĕн тата мĕнле тумаллине кăтартса парать.

— Ĕнер 38 пин кирпĕч вырăнне 53 пин кирпĕч панăччĕ, паян 65 пин кирпĕч памалла,—тет вăл.—Кунĕ епле хитре, кун пек ырă, ăшă çанталăкра ĕçленĕçемĕн ĕçлес килет.

Бригада членĕсем пурте тăрăшса, пĕрпĕринпе ăмăртса, питĕ килĕштерсе ĕçлеççĕ. Кашниех задание хăвăртрах та лайăхрах тума тăрăшать. Бригадирăн авторитет пысăк; ăна пурте юратаççĕ, шанаççĕ, вăл каланине яланах итлеççĕ. Мĕн те пулин тума хушсан, никам та: «Эпĕ ăна тăваймастăп, е ку манăн ĕç мар» тесе тăмасть. Дисциплина çирĕп. Тимофеева юлташ кашни рабочи нормăна мĕнле тултарнине çеç мар, унăн пултарулăхне, вăй-халне пĕлсе тăрать.

Смена пĕтнĕ хыççăн кашниннех мĕн чухлĕ торф кăларнине шутласа тухнă чухне, пĕр-пĕрин йăнăшĕсене, çитменлĕхĕсене тишкĕреççĕ, вĕсене мĕнле майпа пĕтермеллине çавăнтах кăтартса параççĕ. Малашне мĕнле меслетпе усă курсан лайăхрах пуласси çинчен, производствăри резервсене палăртаççĕ, вĕсене çийĕнчех пурнăçлама тăрăшаççĕ.

Ахальтен мар ĕнтĕ, Тимофеева бригади 24 бригада хушшинче чи мала тухнă.

— Питĕ маттур хĕрсем!—тет Н. Иванов техник,—пĕринчен пĕри хастарлă. Ытти бригадăсем те кая юлса пырасшăн мар. Иртнĕ çулсенче мухтава тухнă Фасхутдинова юлташ ертсе пыракан бригада июнь уйăхĕнчи плана чи малтан ирттерсе тултарнă та Тимофеева бригадинчен иртсе кайса куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялав илнĕ. Чăваш АССР Верховнăй Совет депутачĕ А. Лукина юлташ ертсе пыракан бригада та июнь планне Тимофеева бригадинчен маларах тултарнă. Ăмăртура çапла пулать те ĕнтĕ вăл: ку вунăкунлăхра—пĕр бригада, тепринче—ыттисем тăрăшарах, хастарлăрах ĕçлесе халиччен пулман пысăк çитĕнÿ тăваççĕ те малти вырăна тухаççĕ.

Çамрăк Лидия Захарова бригади те, малта пыракансен опычĕсемпе ăнăçлăн усă курса, пĕр вунăкунлăхра мала тухнă.

— Бригадăра звеносем организацилерĕмĕр,—тет Захарова юлташ.—Карьерта Геннадий Сальников звеньевой, рольнăй сĕтел патĕнче—Мария Васильева питĕ тăрăшса ĕçлеççĕ, торф кирпĕчĕсене сарса тăма Елизавета Смородиновăна уйăрнă. Эпир пурте Муркаш районĕнчен пухăннă, хамăр район чапне çухатма шутламастпăр,—хушса хурать вăл.

Часах Тимофеева бригади патне торф турттаракан поезд пырса çитрĕ. Торф тиекен бригада членĕсем (бригадирĕ Иван Афанасьев) хулăран авса тунă лăпăсем çине типĕ кирпĕчсене тултарса пушă вагонсем патнелле васкаççĕ. Пур çĕрте те, пур кĕтесре те ĕç вĕресе тăрать.

...Июль уйăхĕн малтанхи кунĕсенче Тимофеева бригади çĕнĕрен мала тухать, пирвайхи вунăкунлăхри плана пуринчен малтан 153,2 процент тултарса куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялава яланлăхах каялла илет. Çапла вара Тимофеева юлташ бригади сезонти плана пуринчен те маларах—июлĕн 10-мĕшĕ тĕлне—тултарнă та 8 пин тенкĕ преми илнĕ. Фасхутдинова юлташ бригади—6 пин тенкĕ илнĕ.

Вăл çеç те мар, сезон пуçланнăранпа Тимофеева бригади, кашни вунăкунлăх планне вĕçĕмренех 140 процентран кая мар тултарса пынă май, темиçе хут та пиншер тенкĕ преми илнĕ. Унсăр пуçне тата кашни уйăх планне ирттерсе тултарнăшăн вĕсене уйăхсерен ĕç укçи хушса панă. Çапла вара Тимофеева кашни уйăхра вăтамран 1.700 тенкĕ ĕç укçи илнĕ, бригада членĕсем те уйăхне пин тенке яхăн илеççĕ.

— Тепĕр çул ĕçлеме килме кăçалах договор туса хуратпăр. Килес çул, сывлăх пулсан, кăçалхинчен те лайăхрах тăрăшса ĕçлеме сăмах паратпăр,—теççĕ хĕрсем.

Халĕ Тимофеева бригади планран ирттерсе тата 1.200 тонна торф кăларма йышăннă. Июлĕн 20-мĕшĕ тĕлне 837 тонна кăларнă та ĕнтĕ.

— Июлĕн 10-мĕшне нихçан та манас çук,—тет савăнăçлăн кулкаласа Тимофеева юлташ.

Вăл кунхине смена пĕтнĕ çĕре вĕсем патне хĕрлĕ пусмасемпе, чечексемпе, ешĕл йывăçсемпе илемлетнĕ машина пырса çитнĕ, унта музыка оркестрĕ пулнă. Бригада членĕсем хĕпĕртенипе пĕтĕм таврана янратса савăнăçлă юрăсем юрласа таврăннă.

«Улма йывăç авăнать
Улми тулăх пулнăран.
Пирĕн чĕре савăнать,
Ĕçре мала тухнăран».

— Кам сирĕн юрă ăсти?—тесе ыйтсассăн бригада членĕсем пĕр-пĕрин куçĕнчен пăхаççĕ те нимĕн калама аптраççĕ, мĕншĕн тесен вĕсем хăйсем те юрă кĕввине кам шухăшласа кăларнине астумаççĕ.

Пурте юрланă, пурин те пысăк савăнăç пулнă,—теççĕ вĕсем.

Мускав облаçĕнчи Орудьевски торф предприятийĕпе социализмла ăмăрту договорĕ туса, торфяниксем пысăк обязательствăсем илнĕ: планран ирттерсе 5 пин тонна торф кăлармалла, ĕç тухăçлăхне 10 процент ÿстермелле, Конституци кунĕ тĕлне торфа электростанци патне пĕтĕмпех турттарса пĕтермелле, государствăна 950 пин тенкĕ тупăш памалла. Çаксене чыслă пурнăçлассишĕн торфяниксем хушшинче социализмла ăмăрту çĕнĕ хăватпа вăйланса пырать.

**С. ЯЛАВИН.**



Польша Халăх Республики. Варшава хулинчи Маршалковски урамра çĕнĕрен туса лартнă пурăнмалли çуртсем.
ТАСС фотохроники.

# Китай Халăх Республикинчи рабочисемпе служащисем КПСС историне вĕренеççĕ

ПЕКИН, июлĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикинче июлĕн 1-мĕшĕнче политикăна вĕренмелли шкулсемпе кружоксенче вĕренӳ çулĕ пуçланнă. Çурçĕр-Хĕвелтухăç, Çурçĕр-Хĕвеланăç тата Çурçĕр Китайри, çавăн пекех çĕршывăн ытти районĕсенчи государство предприятийĕсемпе учрежденийĕсенчи рабочисемпе служащисем политикăна вĕренме тытăннă. Вĕсенчен нумайăшĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн историне вĕренеççĕ.

«Женьминьжибао» хаçат Тулашри суту-илӳ министерствинче ĕçлекенсем тата Пекинри çав министерствăна пăхăнса тăракан учрежденисенчи работниксем—пĕтĕмпе 3.250 çын—«ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» вĕренме тытăнни çинчен пĕлтерет. КПСС историне вĕренес ĕçе опытлă лекторсемпе консультантсем ертсе пыраççĕ. «Дунбэйжибао» хаçат Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайра государство аппаратĕнчи 32 пин работник, социализмла экономикăна мĕнле йĕркеленине вĕренес тĕллевпе, «ВКП(б) историйĕн кĕске курсĕн» IX-мĕш сыпăкне вĕренме пуçлани çинчен çырать.

Сианьре тухакан «Цюньчжунбао» хаçат Çурçĕр-Хĕвеланăç Китайри учрежденисенче ĕçлекенсем валли организациленĕ касхи политшкулсенче ултă пин çын вĕренни, вĕсем июлĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа «ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» вĕренме тытăнни çинчен пĕлтернĕ.

## Румынин тулашри суту-илĕвĕ вăйланать

БУХАРЕСТ, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Румынин тулашри суту-илĕвĕ çултан-çул вăйланса пырать. 1946 çулпа 1951 çул хушшинче Румыни Халăх Республикин тулашри суту-илĕвĕ 10 хут ытла ӳснĕ. Румыни тахçантанпах урăх çĕршывсене нефть продукчĕсем, ялхуçалăх продукчĕсем тата йывăçпа хăма сутнă пулсан, юлашки çулсенче Румыни çав таварсемсĕр пуçне, нефть кăлармалли оборудовани, пир-авăр, строительство тата апат-çимĕç промышленноçĕсем валли станоксемпе механизмсем, «КД-35» йышши тракторсем, электромоторсем, трансформаторсем, ролик подшипникĕсем, хими промышленность таварĕсем, пир-авăр тата ытти япаласем сутать.

Çĕршыва таварсем кӳрсе пырасси, 1934—1938 çулсем хушшинчи тапхăртипе танлаштарсан, икĕ хут ӳснĕ. Румыни халĕ урăх çĕршывсенчен ялхуçалăх чĕртаварĕ тата промышленность валли тĕрлĕ оборудовани туянать.

Румыни Совет Союзĕпе тата халăх демократи çĕршывĕсемпе пĕр тан правалă тата пĕр-пĕриншĕн усăллă йĕркепе суту-илӳ тăвассине вăйлатса пырать. Румыни ытти çĕршывсемпе суту-илӳ тăвассине те вăйлатма тăрăшать. Швейцарири, Англири, Бельгири, Турцири, Финляндири, Швецири, Индонезири, Суданри, Мароккăри тата ытти çĕршывсенчи фирмăсемпе суту-илӳ килĕшĕвĕсем тунă.

## Румынире хут пĕлмен çынсене вĕрентеççĕ

БУХАРЕСТ, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Кивĕ Румынире хут пĕлменнисем 4.5 миллион çынна яхăн пулнă. Ĕлĕк Бухарестра хут пĕлменнисем 80 пин çын шутланнă.

Румыни Халăх Республикинчи культурăлла революцин тĕп задачисенчен пĕри вăл çак буржуалла-помещикла стройран юлнă питĕ пысăк киревсĕрлĕхе пĕтересси пулса тăрать.

Пур хуласемпе ялсенче те хут пĕлменлĕхе пĕтермелли курссем нумай тунă. Хут пĕлмен çынсен хисепĕ 1951 çулта тăватă пайран виçĕ пайĕ чухлĕ чакнă.

Хут пĕлменлĕхе пĕтерес ĕç кăçал та анăçлă пулса пырать. Малтанхи çурçуллăхра хут пĕлменлĕхе пĕтермелли курссенчен 254 пин çын вĕренсе тухнă. Халĕ ĕнтĕ нумай ялсенчи мĕнпур çынсем вулама тата çырма пĕлеççĕ. Пĕррремĕш пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле Румынире хут пĕлменлĕхе пĕтереççĕ.

## Чехословакире хĕрсех тырă выраççĕ

ПРАГА, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Çĕршыври пĕрлĕхлĕ ялхуçалăх кооперативĕсен тата государство хуçалăхĕсен уй-хирĕсенче ыраш, тулă тата урпа вырас ĕç вăйлансах пырать. Ялхуçалăх министерствин сведенийĕсем тăрăх, июлĕн 20-мĕшĕ тĕлне пĕтĕм çĕршывĕпе урпан виççĕмĕш пайне ытла, ырашăн виççĕмĕш пайне яхăн тата тулăн тăваттăмĕш пайне ытла вырнă.

## Болгарире киноцентр тума хатĕрленеççĕ

СОФИЯ, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). София хули çывăхĕнче, Витоша тăвĕ патĕнче Болгари киноцентрне тума хатĕрленме тытăннă.

Производство корпусĕнче картинăсем ӳкермелли виçĕ павильон, есĕ çырса илмелли икĕ цех, виçĕ проекционнăй зал, темиçе лаборатори, электротехника уйрăмĕ тата ытти цехсем пулаççĕ.

Творчествăллă ĕçри кино работникĕсем валли çурт лартаççĕ, çуллахи кинотеатр тăваççĕ. Киноцентрта ку чухнехи чи лайăх аппаратура вырнаçтарса лартаççĕ.

## Албанире специалистсем нумай вĕрентсе хатĕрлеççĕ

ТИРАНА, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Албанири ăсталăха вĕрентекен вăтам шкулсем кашни çулах специалистсем ытларах та ытларах вĕрентсе кăлараççĕ. Кăçал 320 учитель вĕрентсе хатĕрленĕ, суту-илӳпе финанс учрежденийĕсене—167, промышленноçа—132, ялхуçалăхне 43 специалист янă.

Кăçал вăтам шкулсенчен 1.250 çынна яхăн, 1950 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут çурă нумайрах вĕренсе тухнă. Тирана хулинчи политехникум кăна халăх влаçĕ пулнăранпа ку таранччен, çĕршывра ĕлĕк специалистсем хатĕрленипе танлаштарсан, пĕр хут çурă нумайрах специалистсем вĕрентсе кăларнă.

## Турцире демократсене хирĕçле закон кăларнă

СТАМБУЛ, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Турци меджлисĕ июлĕн 21-мĕшĕнче университетсенчи профессорсене политикăлла ĕçе хутшăнма, çавăнпа политикăлла статьясем пичетлеттерме тата заявленисем тума чарасси çинчен закон йышăннă.

Çавна май республиканецсен халăх партийĕн паллă деятелĕ Нихат Эрим Анкара университетĕнчи пĕтĕмĕшле правăсемпе тĕнчери çĕршывсен прависен профессорĕн ĕçĕнчен хăтарма ыйтса заявлени панă.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ июлĕн 23-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен чăçĕсем тăшмана хирĕç Суденли тата Тындерли районĕнчи хăшпĕр вырăнсенче çапăçнă.

Халăх çарĕн зенитнăй чăçĕсем тăшманăн пĕр самолетне персе ӳкернĕ, икĕ самолетне сиен кӳнĕ.

## Корейăра перемири пирки пыракан калаçусем

ПЕКИН, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран пĕлтернĕ тăрăх, Корейăра перемири тăвас пирки пыракан калаçусене хутшăнакан Корейăпа Китай делегацийĕ паян çакăн пек пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă:

Июлĕн 23-мĕшĕнче икĕ енĕн штаб офицерĕсен тата çыхăну офицерĕсен хупă ларăвĕсем пулнă.

## Францире полици вĕлернĕ çынсене пытарни

ПАРИЖ, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Парижра июлĕн 14-мĕшĕнче пулнă демонстраци вăхăтĕнче полици вĕлернĕ 7 çынна ĕнер пытарнă. Вĕсене пытарнă çĕре Парижри темиçе пин ĕççынни пухăннă.

«Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, çĕршыври, уйрăмах Париж районĕнчи, нумай предприятисенче рабочисем траур кунĕ ячĕпе вăхăтлăха ĕçлеме чарăннă, митингсем организациленĕ. Çав митингсенче вĕсем полици демонстрантсене персе вĕлернĕшĕн айăплисене наказани пама ыйтса резолюцисем йышăннă.

## Италири пир-авăр тĕртекенсен забастовки

РИМ, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). «Унита» хаçат çакăн çинчен пĕлтерет: Италири пир-авăр промышленноçĕнче ĕçлекенсем—пĕтĕмпе 600 пин çын—июлĕн 22-мĕшĕнче 4 сехет хушши забастовка тунă. Вĕсем нациллĕ коллективлă договора тăвас пирки промышленниксем калаçусем пуçлама килĕшменнине хирĕç протестленĕ. Забастовкăна пир-авăр предприятийĕсенчи ĕççыннисем, вĕсем мĕнле профсоюзра тăнине пăхмасăр, пурте хутшăннă.

## Суэц каналĕ патĕнчи лару-тăру

ПАРИЖ, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Каиртан пĕлтернĕ тăрăх, Египетăн наци руководствин министрĕ Салах Салем Суэц каналĕ патĕнче Англи çарĕсем халăха ухтарма пăрахни çинчен каласа панă. Англи çарĕсем июлĕн 13-мĕшĕнче çулсем тăрăх çӳрекен çынсене ухтарма тата тытса чарма пуçланă пулсан, çав мерăсене пĕтĕмпех пăрахăçланă; канал çывăхĕнче çĕнĕрен йĕркеллĕ лару-тăру туса хунă, тенĕ министр. Çак хирĕçӳ вăл «пире Египет территорийĕнче ĕлĕкхи пекех, халĕ те ют çĕршывăн оккупаци çарĕсем пулнине аса илтерет, пирĕн çав çарсене кунтан илсе кайтарассишĕн тăрăшмалла», тенĕ Салах Салем.

## Египетри лару-тăру пирки

ЛОНДОН, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин Каирти корреспонденчĕ çакăн çинчен пĕлтерет: паян Каирта, Александрияра, Исмаилире, Порт-Саидра тата çĕршыври ытти хуласенчи нумай çуртсем çине «Акăлчансем, пирĕн çĕршывран тухса кайăр!» тесе çырнă.

## Японире шыв тулнă пирки пулнă инкек

ЛОНДОН, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Токиоран пĕлтернĕ тăрăх, Япони полицийĕ паян çакăн çинчен пĕлтернĕ: Хонсю утравĕ çинче нумай пулмасть шыв тулнă пирки 675 çын вилнĕ, 4.190 çын пĕр хыпарсăр çухалнă, 4.507 çын аманнă.

Çанталăк лайăхланма пуçланă май паян шыв чакма пуçланă.

## КИТАЙ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИ ЯПОНИРИ ИНКЕК КУРНĂ ÇЫНСЕНЕ ПУЛĂШУ ПАРАТЬ

ПЕКИН, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви çапла пĕлтерет:

Китайри халăха пулăшас тĕлĕшпе ĕçлекен ассоциаци Японири шыв илнипе инкек курнă çынсене пулăшма 1.236.470 пин юань укçа панă. Çав укçана Японири пулăшу парас тĕлĕшпе ĕçлекен обществăна панă. Июнь уйăхĕн вĕçĕнче Японире шыв тулни çынсене инкек кӳни çинчен пĕлсенех, Китайри халăха пулăшас тĕлĕшпе ĕçлекен ассоциаци укçа пухма тытăннă. Çавăн пекех Японири пулăшу парас тĕлĕшпе ĕçлекен обществăн председателĕ Тацудзи Фусе патне Китай халăхĕ Японире шыв тулнă пирки çынсен инкек курнăшăн чун-чĕререн хурланни çинчен пĕлтерсе çыру янă.

# Пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ, мира юратакан Германишĕн!

## Германири Коммунистсен партийĕн Центральнăй правленийĕн секретариачĕн заявленийĕ

БЕРЛИН, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Дюссельдорфран Германири Коммунистсен партийĕн Центральнăй правленийĕн секретариачĕ йышăннă заявлени çинчен пĕлтернĕ. Заявленире Демократиллĕ Германи Республикин Министрĕсен Совечĕ Хĕвелтухăç Германипе Хĕвеланăç Германи представителĕсен канашлăвне ирттерме чĕнсе калани çырланă. Хĕвеланăç Германири патриотла мĕнпур вăйсене Демократиллĕ Германи Республикăн правительствин чĕнĕвне хӳтĕлеме ыйтнă. Германири Коммунистсен партийĕн Центральнăй правленийĕн секретариачĕн заявленийĕнче çапла каланă:

«Германири Коммунистсен партийĕ Демократиллĕ Германи Республикин правительствин çĕнĕ сĕнĕвне—пĕтĕм Германипе ирĕклĕ суйлавсем ирттернипе Германие мирлĕ майпа пĕрлештересси çинчен тата Германипе хăвăртрах мирлĕ договор тутарасси çинчен сӳтсе явма пĕтĕм Германири канашлăва ирттерме сĕннине ырлать.

Нимĕçсем хушшинче килĕшӳ тума сĕнĕрен чĕннине Германири Коммунистсен партийĕ пĕтĕм вăйпа хӳтĕлет, мĕншĕн тесен çав чĕнӳ пирĕн тăван çĕршыва пĕрлештерме тăрăшакан мĕнпур нимĕçсен чун-чĕрери ĕмĕчĕсемпе килĕшсе тăрать...

Демократиллĕ Германи Республикин правительствин сĕнĕвне хӳтĕлесси вăл Германи пĕрлĕхне тăвас тĕлĕшпе чăннипех те тĕрĕс çулпа каймаллине пĕлтерет.

Эпир Хĕвеланăç Германири килĕшӳ тума хатĕр организацисемпе партисене, уйрăмах Германири социал-демократсен партине, пĕтĕм Германи халăх партине, нимĕçсен пĕрлĕхшĕн, миршĕн тата ирĕклĕхшĕн кĕрешекен союзне, центр партине тата Германие пĕрлештерме хăйсен вăйĕсене пама хатĕр тăракан политикăлла деятельсемпе çынсене пурне те çав пĕтĕмĕшле ĕçе хутшăнма чĕнетпĕр.

Демократиллĕ Германи Республикин правительствине унăн сĕнĕвĕпе килĕшни çинчен хăвăртрах ответ памалла тăвассишĕн кĕрешĕр!

Германири Коммунистсен партийĕ килĕшӳ тума хатĕр нимĕçсене пурне те пĕрлешме, тачă пĕрлешнипе пĕтĕм Германири канашлăва Хĕвеланăç Германин уполномоченнăй представителĕсене уйăрса яма ыйтма чĕнет.

Германие пайланипех хăварма тата çĕнĕ вăрçă пуçарма тăрăшакансене, Аденауэр еверлĕ çынсене, ответлăха нимĕн чухлĕ туйман çынсене çиеле тухма памалла мар, вĕсене эпир килĕшӳ тума шутланине путлантарса лартма чармалла.

Пирĕн халăх хушшинче Аденауэр хирĕçӳ тата курайманлăх сарнипе текех килĕшсе пурăнма çук.

Пĕрлĕх пулсан, мир, ирĕклĕх тума тата пирĕн нацин пурнăçне лайăхлатма пулать.

Нимĕçсем, пĕрлешĕр! Нимĕçсем, пĕр сĕтел хушшине!»

## Студентсен пĕтĕм тĕнчери конгресĕ умĕн

*Конгрес августăн 27-мĕшĕнче Варшавăра пухăнать*

ПРАГА, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Студентсен пĕтĕм тĕнчери союзĕн секретариачĕн пичетпе информаци пайĕ августăн 27-мĕшĕпе сентябрĕн 2-мĕшĕ хушшинче Варшавăра студентсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ пуласси çинчен пĕлтерет.

Малтанлăха илнĕ сведенисем тăрăх, конгреса делегатсемпе курма пыракан çынсем пĕтĕмпе пин çын ытла пухăнаççĕ, вĕсем унта çĕре яхăн çĕршывран пыраççĕ. Конгресра Европăри мĕнпур çĕршывсенчи студентсен представителĕсем пулаççĕ. Азирен Инди, Китай, Индонези, Корея, Вьетнам, Бирма, Малайя, Таиланд тата ытти çĕршывсен студенчĕсен делегацийĕсем пырассине кĕтеççĕ.

Студентсен пĕтĕм тĕнчери конгресĕнче малтанхи хут Япони, Камбоджа, Камерун, Чили, Сальвадор, Гондурас, Панама тата Парагвай делегацийĕсем пулмалла. Латинла Америкăри çĕршывсемпе Австрали делегацийĕсем конгреса килме çул çине тухнă. Студентсен организацийĕсем Варшавăри конгреса янă студентсенчен нумайăшĕ çамрăксемпе студентсен пĕтĕм тĕнчери тăваттăмĕш фестивальне хутшăнаççĕ.

Конгресс Студентсен пĕтĕм тĕнчери союзĕн тата студентсен уйрăм çĕршывсенчи организацийĕсен шкулсенче вĕренекен çамрăксен интересĕсемшĕн тата вĕсен нушисене тивĕçтерессишĕн кĕрешме студентсен пĕрлĕхне тĕреклетес тĕлĕшпе мĕнле ĕçсем тумалли çинчен сӳтсе явать. Конгресс комиссийĕсенче çамрăксене вĕренме май парасси, студентсен пурнăçĕн экономикăлла тата социаллă условийĕсене лайăхлатасси, çамрăксене вĕрентес ĕçре реформăсем тăвасси, шкулсенчен вĕренсе тухнисене ĕç тупса парасси çинчен сӳтсе явма шутлаççĕ. Çавăн пекех тата конгресс комиссийĕсенче колонисемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенчи студентсен пурнăçĕ çинчен, культурăпа наука енĕпе тунă çитĕнӳсемпе пĕр-пĕрне паллаштарасси çинчен, студентсен спорчĕ çинчен, студентсен хаçачĕсен задачисем тата ытти ыйтусем çинчен сӳтсе явма палăртнă.

## США-ра прогрессивлă шухăшлă учительсене хĕсĕрлеççĕ

НЬЮ-ЙОРК, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). «Крисчен сайенс монитор» хаçат хăйĕн Вашингтонри корреспонденчĕ Холлет çырнă статьяна пичетлесе кăларнă. Ку статьяна «Учителĕн кун-çулĕ мĕнле пуласси вĕсене тĕпчене чухне мĕн каланинчен килет», тесе ят панă.

Автор çапла çырать: Америкăна хирĕçле ĕçсене йĕрлекен комисси членĕсем тата сенатăн шалти хăрушсăрлăх ыйтăвĕсемпе ĕçлекен подкомиссийĕн членĕсем пĕр-пĕр çынна тĕпчене чухне кирек хăçан та вăл коммунистсен партийĕнче тăнипе тăманни çинчен ыйтаççĕ. Çав çын конституци çумне хушса çырнă пиллĕкмĕш тӳрлетӳре çынсене çавăн пек ыйту пама юраманни çинчен каланă тесе, ыйту çине ответлеме килĕшмесен, ун чухне вара ăна ĕçрен кăларса яраççĕ.

1952 çулхи сентябрĕн 8-мĕшĕнчепе комисси 144 çынна чĕнсе тĕпченĕ. 74 çын — учительсем, профессорсем тата студентсем—вĕсенчен коммунистсен партийĕнче тăнипе тăманни çинчен ыйтсан, çав ыйту çине ответ пама килĕшмен. Вĕсенчен 30 çынна ĕçрен кăларса янă. Университетсен 42 профессорĕ çавăн евĕрлĕ ыйтусем çине ответ паман, кун хыççăн 14 çынна пĕр тăхтаса тăмасăрах ĕçрен кăларса янă. Пуçламăшпе вăтам шкул учителĕсенчен вĕсем мĕнле политикăлла партире тăни çинчен ыйтсан, çак ыйту çине ответлеме 29 çын килĕшмен, вĕсенчен 16 учителе ĕçрен кăларнă.

Хăйсем мĕнле политикăлла партире тăни çинчен каласа паман ытти çынсене те çавăн пек кун-çул кĕтет, тесе çырать корреспондент.

## Америка монополийĕсем Индонези экономикине начарлатаççĕ

ДЖАКАРТА, июлĕн 23-мĕшĕ, (ТАСС). Июлĕн 22-мĕшĕнче «Таймс оф Индонезия» хаçат «Урăх çĕршывсене каучук сутасси çинчен» ятлă умстатья пичетленĕ. Унта хаçат çапла çырать: каучук хакне йӳнетсе тата Индонезие Китай Халăх Республикипе çыхăнса суту-илӳ тума чарса, США Индонезин экономикине питех те хытă начарлатрĕ. Çавна пула кăçал Индонези каучукне урăх çĕршывсене сутасси тăтăшах тата питĕ хăвăрт начарланса пычĕ. Условисем лайăх чухне Индонези 700 пин тонна каучук туса хатĕрлет. Ăна туса хатĕрленĕ çĕрте ĕçленипе Индонезин 8 миллион çынни пурăнма укçа тупать. Çавăн чухлĕ каучук сутнипе государство урăх çĕршывсен валютин 51 процентне пухать.

Каучук хакĕ йӳнелнĕ тата ăна урăх çĕршывсене сахалтарах сутма тивнĕ пирки Индонези правительствин «пурнăçра кирлĕ таварсене урăх çĕршывсенче туянма ют çĕршывсен укçин юлашки запасне» расходлама тивет.

Каучук хакĕ хытă йӳнелни ăна тăвакан çĕршывсене экономика тĕлĕшĕнчен катастрофа пуласси патне çитерчĕ, тет корреспондент.

## Франкистла Испанире

ПАРИЖ, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). «Эко» хаçат франкистла Испанире экономика начарланни çинчен пĕлтерет. Кăçал Испанире тырă пĕлтĕрхин 70 процентĕ чухлĕ кăна пулнă. Çăкăр çителĕклĕ пулмалла тума Испанин Пĕрлешӳллĕ Штатсенчен е Канадăран 600 пин тонна яхăн тырă илсе пыма тивет.

Испани 1952 çулта урăх çĕршывсенчен тавар нумай кӳнĕ, хăй урăх çĕршывсене тавар сахалтарах сутнă. Франци франкĕпе шутласан, Испанин 1952 çулта çĕршыва кӳрсе пынă таварсемшĕн 45 миллиард франк чухлĕ укçан тӳлемелле пулнă. Кăçал урăх çĕршывсенче тырă туяннă май Испанин çĕршыва кӳрсе пынă таварсемшĕн тата нумайрах укçа тӳлемелле пулать.

«Эко» хаçат çырнă тăрăх, Франко Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе килĕшӳ туса йывăрлăхран тухма май килессине шанать. Испани правительствине укçа парса «пулăшнăшăн» США унтан Америка авиацийĕ валли базăсем пама, Европăра вăрçă пуçлансан мар, халех Испани территорийĕ çинче Америка çарĕсене вырнаçтарма право пама ыйтать. Франко «Европăра вăрçă пулсан кăна» Америка çарĕсене Испание вырнаçтарма килĕшнĕ пулнă.

## Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн (тăваттăмĕш созыври) тăваттăмĕш сессине пухасси çинчен

Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн исполнительнăй комитечĕ хула Совечĕн депутачĕсене çакăн çинчен пĕлтерет: 1953 çулхи июлĕн 29-мĕшĕнче, юнкун, 19 сехетре, ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн (тăваттăмĕш созыври) тăваттăмĕш сессийĕ пухăнать.

Лару КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче (Ленинградски урам, 1-мĕш çурт) пулать.

**Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн исполнительнăй комитечĕ.**

## *Шахтер çырăвĕ*

СОВЕТСКИ. «Сталинград» колхозри «Коммунизмшăн» стена хаçачĕ, çамрăксене ФЗО шкулĕсене вĕренме кайма чĕнсе, ятарласа листовка кăларнă. Унта илемлĕ фотоӳкерчĕк кĕртнĕ. Типтерлĕ çипуçлă, аван костюм тăхăннă çамрăк малашлăх çине хăюллăн пăхать. Ӳкерчĕк айне: «Пирĕн земляк Мефодий Иванович Иванов», тесе çырнă. Листовкăрах Мефодий хăйĕн амăшĕ патне янă çырăва пичетленĕ.

Пĕр çулхине Мефодий Иванов тантăшĕсемпе пĕрле ФЗО шкулне вĕренме кайма шут тытнă. Кашниех вĕренсе, харпăр хăйне кăмăла каякан специальность туянса, Тăван çĕршывăн усăллă çын пулма ĕмĕтленнĕ. Мефодий Иванов шахтер пулма кăмăл тунă. Вăл хăйĕн ĕмĕтне пурнăçланă. Халĕ вăл çапла çырса пĕлтерет:

«Хĕрӳллĕ салам сире, Инçетри Хĕвелтухăçĕнчи Артем хулинчен. Эпĕ малтанхи пекех шахтăра забойщик пулса ĕçлетĕп. Ĕç условийĕсем лайăх, пурнăç аван. Ĕç укçи уйăхне 1.300 тенкĕрен кая илместĕп. Хама кирлĕ çипуççем йăлтах çителĕклĕ. Ытлашши укçана перекет кассине хывса пыратăп.

Манăн Астраханцев юлташ пур. Вăл хамăр республикăри Куславкка районĕсем. Унпа эпир туслă пурăнатпăр. Хамăрăн малашнехи пурнăç çинчен тăтăшах сӳтсе яватпăр. Нумаях пулмасть «Комсомольская правда» хаçат редакцийĕнчен аван çын мĕнле пулмалли çинчен ыйтса пĕлтĕмĕр. Çакăн хыççăн эпир хамăрăн пурнăçри йăласене тата ытларах йĕркелесе аванлатрăмăр. Специальноçа малалла ӳстерсе пырас тесе, техникума вĕренме кайма шут тытрăмăр. Малалла вĕренсе, çĕршыва усă ытларах пама тăрăшатпăр. Хамăрăн ĕмĕте эпир мĕнле пулсан та пурнăçлатпăр. Салампа—тăван ывăлу Мефодий Иванов».

Çамрăк шахтер хăйĕн тăван колхозĕнчи юлташĕсем патне те тăтăшах çырса тăрать. Вăл çамрăксене ФЗО шкулĕсене вĕренме кайма, Тăван çĕршывăн усăллă çынсем пулма чĕнет.

**Н. ПУШКИН.**

## Суд

Шăмăршă районĕнчи А. А. Краснова амнистипе ирĕке кăларнă пулнă. Краснов ирĕке тухнă хыççăн тӳрĕ кăмăлпа ĕçлесе пурăнма шутламан. Кăçалхи май уйăхĕнче вăл çул çинче К. гражданкăна тĕл пулнă та, çĕçĕпе чиксе вĕлеретĕп тесе хăратса, çаратнă.

Тивĕçлĕ мерăсем йышăннă хыççăн Краснова шыраса тупнă, ăна айăплама ĕçе çийĕнчех суда панă.

Шăмăршă районĕнчи халăх сучĕ Краснова СССР Верховнăй Совет Президиумĕ 1947 çулти июнĕн 4-мĕшĕнче йышăннă Указ тăрăх айăпласа, ĕçлесе юсанмалли лагерьте 20 çул хушши усрамалла, айăпланнă вăхăт тухнă хыççăн Чăваш АССР территорийĕнче 5 çул хушши пурăнмалла мар приговор йышăннă.

Чăваш АССР Верховнăй Сучĕн уголовнăй ĕçсен коллегийĕ халăх сучĕн приговорне çирĕплетнĕ.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Умстатья. — Тăванла виçĕ республика ăмăртăвĕнче мала тухассишĕн.
Тăван çĕршывра.
Республика уй-хирĕсенче.
«Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн историйĕнчи паллă событи» (РСДРП II-мĕш съезчĕ пулнăранпа 50 çул тултарнă тĕле)—«Коммунист» журналăн 10-мĕш номерĕнче пичетленнĕ статья
Выранти тата урăх çĕршывсенчен килнĕ хыпарсем.

**Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.**

### ТЕАТР

**Мари АССР-ĕнчи Шкетан ячĕпе тăракан вырăсла драма театрĕн гастролĕсем.**

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — июлĕн 25-мĕшĕнче «Зыковы».
Спектакль 20 сехет те 30 минутра пуçланать.
ЧАПАЕВСКИ ПОСЕЛОКРИ КЛУБРА— июлĕн 25-мĕшĕнче «Ксения».
Спектакль 21 сехетре пуçланать.

### КИНО

«РОДИНА»—июлĕн 25-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Человек с ружьем», ытти сеанссенче—«Праздник св. Иоргена». Сеанссем 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.
«УДАРНИК» — июлĕн 25-мĕшĕнче «Мы из Кронштадта» (çĕнĕ копи).

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37.

НТ 01192 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.